ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 11 ЭРНЕКУН № 178 (9087) 36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Халăха вĕрентес ĕçе малалла вăйлатассишĕн

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн çак кунсенче пулса иртнĕ тăваттăмĕш сессийĕ республикăра халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата çак ĕçе малалла лайăхлатмалли майсем çинчен сӳтсе яврĕ, пăхса тухнă ыйту тăрăх постановлени йышăнчĕ.

Çак ыйтăва Верховнăй Совет сессийĕн ларăвĕсенче пăхса тухни пирĕн çĕршывра халăха вĕрентес ĕçе питĕ пысăк вырăна хуни çинчен калать. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнипе, чăваш халăхĕ, ытти Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем пекех, ылханлă патша саманинчен юлнă пысăк инкекрен—тĕттĕмлĕхрен хăтăлчĕ, культура тĕлĕшĕнчен нумай малалла кайрĕ, пурте хут пĕлекен халăх пулса тăчĕ. Республикăра ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентесси пурнăçланса пырать. Чăваш халăхĕн форми тĕлĕшĕнчен нациллĕ, содержанийĕпе социализмлă литератури тата искусстви ӳсе чечекленчĕç. Шкулсем нумай ӳсни, аслă шкулсем ĕçлени, кĕнекесем, журналсем, хаçатсем пичетлесе кăларас, кинокартинăсем кăтартас ĕç анлă сарăлни,—çаксем пурте халăх ырлăхĕшĕн тăрăшса туса пыракан ĕçсем.

Халăха культура тĕлĕшĕнчен малалла ӳстерес ĕçре шкулсем уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Ачасем шкулта вĕренсе наукă никĕсĕсене алла илеççĕ, обществăлла ĕçе хутшăнма хăнăхаççĕ, Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн юратакан çынсем пулса ӳсеççĕ, пĕр сăмахпа каласан, коммунизмла обществăн активлă строителĕсем пулма хатĕрленеççĕ. Кашни шкул, кашни учитель лайăх ĕçлени пирĕн социализмла обществăшăн питĕ кирлĕ.

Республикăри нумай шкулсем хăйсен ĕçне çултан çул лайăхлатса пыраççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсем шкулсенчи учительсем ăнăçлăрах, лайăхрах ĕçлени çинчен калаççĕ.

Анчах, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче палăртнă тăрăх, нумай шкулсен ĕçĕнче халĕ те çаплах пысăк çитменлĕхсем пур-ха, çав çитменлĕхсене çине тăрса пĕтерсе пымалла.

Сутĕç министерствипе унăн вырăнти органĕсен пысăк задачи шкул çулне çитнĕ ачасене пурне те вĕренме хутшăнтарасси пулать. Иртнĕ çулта ку ĕçе пĕтĕмпех туса çитереймен: республикăра 1.654 ача сăлтавсăрах шкула çӳремен. Çавăн пек вĕренме çӳремен ачасем Чкаловски, Шăмăршă, Тăвай, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче уйрăмах нумай пулнă. Кăçал та вĕренӳ çулĕ пуçланнă кунсенче чылай ачасем шкула пыман. Районсенчи сутĕç пайĕсен тата вырăнти Советсен çак ĕçе çирĕппĕн тĕрĕслесе тăрас пулать. Çапла вара çывăх кунсенчех шкулта вĕренмелли мĕнпур ачасене вĕренĕве хутшăнтармалла.

Шкула çӳреме пуçланă ачасем вĕренме пăрахни ан пултăр тесе хытă тăрăшмалла. Тăлăх ачасене тумтир, урана тăхăнмалли илсе пама колхозсен пулăшу кассисен пулăшмалла; классенче яланах ăшă пулни, интернатсенче ачасене канлĕ пурăнма май туса пани, хĕллехи вăхăтра ачасене шкула лавпа леçмелле туни, шкулсенче буфетсем йĕркеллĕ ĕçлени кирлĕ. Ачасен пурин те шкулта вĕренмелли çинчен вĕсен ашшĕ-амăшĕсене тĕплĕн ăнлантарса парас пулать.

Шкул çулне çитнĕ ачасене пурне те вĕренме хутшăнтарасси чи малтан пурнăçламалли ĕç пулать пулсан, шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне малалла лайăхлатса пырасси сутĕç органĕсемпе учительсен куллен кун пурнăçласа пымалли тĕп задача пулса тăрать.

Ачасем пурте ăнăçлă вĕренсе пыччăр, кашни çулах аслăрах класа куçчăр, шкултан лайăх паллăсем илсе вĕренсе тухчăр,—çак задачăна пурнăçлас пулать учительсен. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче чылай шкулсенче вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман ачасен шучĕ ытла нит пысăк пулнă. Сăмахран, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Сăланчăкри пуçламăш шкулта вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман ачасем 68,2 процент пулнă; Шăхасан районĕнчи Атнашри çичĕ çул вĕренмелли шкулта ун пек ачасен шучĕ 50 процент, Шăхасанти вăтам шкулта 41,9 процент шутланнă. Шел пулин те, ачасем вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймасни, чылай ачасем пĕр класра икшер çул ларни нумай шкулсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Вырăс чĕлхи, математика, физика, хими вĕрентес ĕçре çитменлĕхсем уйрăмах нумай.

Ачасене вĕрентес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, учительсен ответлăхне ӳстерместĕр, шкул ачисем хушшинче дисциплинăна çирĕплетнисĕр пуçне, учительсен, уйрăмах вырăс чĕлхипе математика вĕрентекенсен пĕлĕвĕсене, педагогика ăсталăхне хăпартса пыни, физикăпа хими вĕрентнĕ чухне лабораторире тумалли ĕçсене пурне те туса пыни кирлĕ. Учительсем заочно вĕренессине чăннипех лайăх йĕркелемелле, методика пĕрлешĕвĕсем тăтăшах ĕçлемелле, вĕрентӳ пайĕсен заведующийĕсем, шкул директорĕсем тата шкул инспекторĕсем учительсен ĕçне куллен кун тĕрĕслесе тăмалла, вĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене вăхăтра палăртса, çитменлĕхсене пĕтерме, ĕçе лайăхлатса пыма пулăшса тămalla.

Республикăн Сутĕç министерстви шкулсен ĕçне тĕрĕслесе тăрассине, вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатма пулăшассине тĕпренех лайăхлатас пулать.

Пуçламăш, çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсен ĕçне лайăхлатма тăрăшнă вăхăтрах, хуласемпе рабочи поселоксенче—çамрăк рабочисен, ялсенче — ялти çамрăксен шкулĕсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатасси çине тимлĕн пăхмалла. Çак шкулсем çине вырăнти Советсем, çавăн пекех сутĕç органĕсем тимлĕрех пăхни кирлĕ. Хăй вăхăтĕнче вĕренеймесĕр юлнă, халĕ производствăра ĕçлекен çамрăксем каçхи вăхăтра ăнăçлă вĕренме, çителĕклĕ пĕлӳ илнĕ çынсем пулма, малалла вĕренме пултарччăр.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пĕтĕм совет халăхĕн, вăл шутра учительсен пурнăçне лайăхлатса пыма тăрăшаççĕ. Иртнĕ çулсенче пирĕн республикăра учительсем валли 100 çурта яхăн лартнă. Ку ĕçе сарса пымалла. Учительсем валли хваттерсем çителĕклĕ пулччăр. Çав вăхăтрах вырăнти Советсен шкулсене тата учительсен хваттерĕсене хутса ăшăтма вутă çителĕклĕ хатĕрлесе памалла. Хĕллехи вăхăтра шкулсем вутăсăр лараççĕ пулсан, ку вăл ун пек вырăнти Советсен руководителĕсем чунсăр çынсем пулни çинчен калать.

Шкулсен кивĕ çуртĕсене юсас, çĕнĕ çуртсем лартас ĕçе вăхăтра туса пырасси—хула, поселок, ял, район Совечĕсен исполкомĕсем умĕнче тăракан пысăк ĕç. Çак ĕçе правительство кăтартса панă вăхăтра туса пымалла. Шкулсене тытса тăма, оборудовани, литература туянма бюджетран уйăрса паракан укçа-тенкĕпе пĕтĕмпех усă курас пулать.

КПСС XIX-мĕш съезчĕ малашне çамрăксене пурне те вăтам шкулсенчен вĕрентсе кăлармалла тума, шкулсенче политехникăлла вĕренĕве пурнăçласа пыма задача лартрĕ,—çак задачăна пурнăçлама шкулсен ĕçне ертсе пырассине вăйлатас пулать. Çамрăк ăрăва—коммунизмла общество строителĕсене—вĕрентсе ӳстерекен учительсене куллен пулăшса пырса, совет шкулĕн ĕçне малалла лайăхлатса пырар.

## Государствăна тырă памалли плана тултарнă

ВĂРМАР, сентябрĕн 9-мĕшĕ. (Телеграфпа). Вăрмар районĕнчи колхозсем сентябрĕн 6-мĕшĕнче государствăна тырă памалли плана 100,6 процент тултарнă. МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă парас ĕç малалла пырать.

КРАСНОАРМЕЙСКИ, сентябрĕн 9-мĕшĕ. (Телеграфпа). Красноармейски районĕнчи колхозсем сентябрĕн 8-мĕшĕнче государствăна тырă памалли плана 100,4 процент тултарнă. Халĕ колхозсем МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă параççĕ.

КОМСОМОЛЬСКИ, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (Телеграфпа). Комсомольски районĕнчи колхозсем сентябрĕн 7-мĕшĕнче государствăна тырă памалли плана 100,4 процент тултарнă. Колхозсем МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă параççĕ.

ПАТĂРЬЕЛ, сентябрĕн 10-мĕшĕ. (Телеграфпа). Чкаловски районĕнчи колхозсем сентябрĕн 8-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана тултарнă. Тырă хатĕрлесе парас ĕçе Чкалов ячĕпе тăракан, «Кзыл Юлдуз», «Правда», «Гвардеец», Молотов ячĕпе тăракан, «Красное знамя», Киров ячĕпе тăракан колхозсем уйрăмах лайăх туса пынă. Халĕ колхозсем МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă параççĕ.

## Шупашкар хулинчи агитаторсен пухăвĕ

Виçĕмкун Чăваш академи театрĕнче Шупашкар хулинчи агитаторсен пухăвĕ пулчĕ. Унта предприятисемпе учрежденисенчен тата шкулсенчен 600 çын ытла пухăннă.

Пухура «Тĕнчери лару-тăру тата миршĕн кĕрешес ĕçри задачăсем» çинчен КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ С. Ислюков юлташ доклад турĕ. Доклад тăрăх 7 çын тухса каларĕ.

# ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн 1953 çулхи сентябрĕн 9-мĕшĕнче пулнă ларăвĕ çинчен

## ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРӲ

Сентябрĕн 9-мĕшĕнче, кăнтăрла 11 сехетре, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш ларăвĕ пулнă.

Лару председателĕ—Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн председателĕ С. М. Ислюков депутат.

Кун йĕркинче—«Чăваш АССР-ĕнче халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен» тунă доклада сӳтсе явасси.

Пренире çаксем тухса каланă: В. Я. Чистопольский депутат (Çĕмĕрле районĕ, Мăн Улхаш округĕ), А. В. Платонова депутат (Элĕк районĕ, Мăн Вылă округĕ), А. М. Тенаров юлташ (Чăваш АССР Сутĕç министрĕ), О. П. Русина депутат (Улатăр районĕ, Стемас округĕ), А. М. Шалфеева юлташ, Р. Я. Ахметова депутат (Чкаловски районĕ, Чкаловски округ), Г. Ф. Федоров юлташ (Красноармейски райсовет исполкомĕн председателĕ), А. С. Степанов юлташ (Елчĕк райсовет исполкомĕн председателĕ).

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ докладчикăн—Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕн М. А. Андреев депутатăн юлашки сăмахне итленĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ, пĕр саслă пулса, «Чăваш АССР-ĕнче халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен» тунă доклад тăрăх Постановлени йышăнать.

Унтан Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ кун йĕркинчи тепĕр ыйтăва — Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетес ыйтăва пăхса тухма тытăннă.

Ку ыйтупа Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ А. И. Измайлов депутат доклад тунă.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ министрсене уйăрса лартасси çинчен кăларнă çак Указсене Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ пĕр саслă пулса çирĕплетнĕ:

Чăваш АССР Шалти ĕçсен министрĕ пулма Николай Дмитриевич Ванярова,

Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕ пулма Григорий Алексеевич Мартынова,

Чăваш АССР Культура министрĕ пулма Петр Капитонович Капитонова,

Чăваш АССР Вырăнти тата топливо промышленность министрĕ пулма Николай Николаевич Боброва,

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Çул-йĕрпе транспорт хуçалăх управленийĕн начальникĕ пулма Петр Андреевич Рунгша уйăрса лартасси çинчен.

Унтан Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ парти ятне улăштарма йышăннă май тата РСФСР Конституцийĕн 130-мĕш статьипе килĕшӳллĕн, Чăваш АССР Конституцийĕн 93-мĕш статьине улшăнусем кĕртесси çинчен Закон йышăннă.

Çакăнпа Верховнăй Совет ларăвĕ вĕçленнĕ, сесси хупăннă.

# СЕССИ ДНЕВНИКĔ

## *Сентябрĕн 8-мĕшĕнчи ирхи лару*

Сентябрĕн 8-мĕшĕнче, Советсен çурчĕн ларусем иртттерекен залĕнче, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕн иккĕмĕш ларăвĕ уçăлчĕ.

Председатель сĕтелĕ хушшинче—Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн председателĕ С. М. Ислюков депутат, председатель заместителĕсем—О. Ф. Мадюшкинăпа Н. Ф. Смыков депутатсем.

Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ çинчен тата Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклад тăрăх пренисем малалла пыраççĕ.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн председателĕ С. М. Ислюков юлташ Шупашкар хула Совет исполкомĕн председательне Н. П. Енчинова сăмах парать.

— Пирĕн республика столицинчи ĕçсыннисем,—тет Енчинов юлташ,—хăйсен хули пуянăçĕнче партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн тăрăшнине куллен курса тата туйса тăраççĕ. Шупашкар хули юлашки çулсенче чылай улшăнса çĕнелчĕ тата вăл промышленноçпа культурăн пысăк центрĕ пулса пырать.

Иртнĕ çулхине пурăнмалли çуртсемпе коммунальнăй предприятисем лартма тата культурăпа йăла строительстви валли, ведомствăсемпе предприятисене пĕрле илсе шутласан, 18,3 миллион тенкĕ укçа уйăрса панă. Çав ĕçсем валли кăçал 32 миллион тенкĕ расходлама палăртнă.

1952 çулхине мĕнпур предприятисемпе ведомствăсем 21 çурт туса лартнă, вĕсен лаптăкĕ 7 пин тăваткал метр шутланать, ача сачĕсем виççĕ—пурĕ 175 вырăнлăх, ача яслисем виççĕ—245 вырăнлăх, Сосновка поселокĕнче 35 вырăнлăх больница, çĕнĕ мунча лартнă, Ярмарка площачĕпе Совхознăй урамĕ патĕнче водопровода ĕçе кĕртнĕ. Хулари пурăнмалли çурт управленийĕн 38 хваттерлĕ çуртне туса пĕтереççĕ, педагогика институчĕпе ялхуçалăх институчĕн çурчĕсене тăваççĕ. Хулана илемлетсе лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. 22 пин тăваткал метр лаптăка чул сарнă, асфальт сарнă 4,6 пин тăваткал метр лаптăка юсанă тата чул сарнă, пасар вырăнне лайăхлатнă, чечек ӳстерекен хуçалăха анлăлатнă, теплица туса пĕтереççĕ.

Промышленноçа аталантарма тата йăлапа культура строительстви валли чылай укçа-тенкĕ панă пулин те, хула хуçалăхне аталантарасси çителĕксĕр пурнăçланса пырать-ха. Ĕçсыннисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур.

Хулара пурăнмалли çуртсем çитменни хытă палăрать. Халăх йышĕ хăвăрт ӳсет, пурăнмалли çуртсем лартасси вара çав ӳсĕмрен юлса пырать. Ведомствăсемпе промышленность предприятийĕсен пурăнмалли çурчĕсенче те рабочисемпе служащисем валли хваттерсем çитмеççĕ. Уйрăмах пир-авăр комбинатĕнчи, электроаппаратура заводĕнчи, чăлха фабрикинчи тата ытти фабрикăсемпе заводсенчи рабочисемпе служащисен пурăнмалли çуртсем çителĕксĕр.

Республикăн Культура министрĕ Капитонов юлташ хăйĕн сăмахĕнче халăх культурине аталантарас ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунине, çав вăхăтрах культурăпа сутĕç учрежденийĕсен, театрсен ĕçĕнче, халăха кино кăтартас, кĕнеке сарас ĕçсенче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртать.

— Пирĕн районти ялхуçалăх труженикĕсем,—тет Муркаш райсовет исполкомĕн председателĕ П. П. Петров юлташ,—государствăна тырă памалли плана августăн 30-мĕшĕнче, иртнĕ çулхинчен 15 кун маларах тултарчĕç. Вĕсем тырпула иртнĕ çулхинчен йĕркеллĕрех пухса кĕртрĕç.

Петров юлташ Сутĕç министерстви шкулсене япăх ертсе пынине, Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви МТС-сене çителĕксĕр пулăшнине палăртать, Маслопромăн республикăри кантурне çу заводне ĕçе кĕртме чарса тăнăшăн критиклет.

Юлашкинчен Петров юлташ шкулсем лартма тата район центрĕнче колхозник çурчĕ лартма укçа-тенкĕ ытларах уйăрса пама, Культура çуртне хăвăртрах туса пĕтерес тĕлĕшпе пулăшма ыйтать.

Г. И. Тябуков депутат Елчĕк районĕнче строительство материалĕсем тăвакан промышленноçа аталантарма кирли çинчен ыйту тăратать.

— Кăмака тума кирпĕч илме,—тет вăл,—50—60 километр кайма тивет. Кирпĕч кашни колхозник килне, шкулсене тата ытти учрежденисене питĕ кирлĕ.

Пирĕн района строительство материалĕсем—пăта, кантăк, олифа, тимĕр сахал кӳрсе килеççĕ, йывăç та çителĕксĕр уйăрса параççĕ.

Суту-илӳ организацийĕсемпе ытти организацисен çав çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле.

Ф. А. Алексеева депутат республикăри Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине Чурачăк районĕнчи колхозсене минераллă удобренисем çителĕксĕр уйăрса панăшăн критиклет.

Малалла вăл Сывлăх министерствинчен Вăрманкас ялĕнче врач пункчĕ уçма ыйтать, мĕншĕн тесен ку ялти ĕçсыннисем районти больницăран 20 километрта пурăнаççĕ. Çавăн пекех Алексеева юлташ Чурачăк ялĕнче Культура çурчĕ тума тытăнмалла, тесе шутлать.

— Кăçалхи сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне,—тет Çул-йĕрпе автотранспорт хуçалăх управленийĕн начальникĕ П. А. Рунгш юлташ,—çул-йĕр тумалли тата çулсене чул сарса лайăхлатмалли плана 11 район кăна тултарчĕç. Çак ĕçе уйрăмах Йĕпреçпе Шăмăршă районĕсенче япăх организациленĕ, унта плана 18—20 процент кăна тултарнă.

Пур колхозсен те плана октябрĕн 1-мĕшĕччен тултармалла. Çавăнпа та эпĕ Верховнăй Советран çак ĕçе пурнăçлама райисполком председателĕсене хушма ыйтатăп.

Трибуна умĕнче—И. Г. Григорьев депутат. Вăл çапла калать:

— Республикăри ялхуçалăхне партипе правительство пысăк пулăшу панипе ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ хăвăрт ӳсет, колхозсем организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕрекленсе тата ӳссе пыраççĕ.

Сакна Вăрмар районĕнчи «Дружба» колхоз пурнăçĕнчен те лайăх курма пулать. Нумаях та пулмасть-ха, пирĕн тырпул тухăçлăхĕ пĕчĕккĕччĕ. Кăçал эпир пĕтĕм лаптăкран темиçе çул каярах пухса кĕртнинчен виçĕ хут ытларах тухăçлă тырпул пухса кĕртрĕмĕр. Сĕрĕсĕн культурине ӳстертĕмĕр. Халĕ эпир çĕртме сухине 30—35 сантиметр тарăнăш тăватпăр. Агротехникăлла пур ĕçсене те вăхăтра туса ирттеретпĕр.

Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви пур колхозсенче те агротехникăлла ĕçсен пĕтĕм комплексне пурнăçламалла туса çитерсен, пирĕн республикăри ялхуçалăхĕ тата пысăкрах çитĕнӳсем тума пултарнă пулĕччĕ.

Çак министерство ĕçĕнчи çитменлĕхсенчен пĕри—механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлеме сахал тăрăшни пулать. Бюджет тăрăх çав ĕçсем валли уйăрса паракан укçа-тенкĕпе тулли усă курмаççĕ. Иртнĕ çулхине кăна Министерство кадрсем вĕрентсе хатĕрлеме уйăрса панă укçа-тенкĕрен 118 пин тенкипе усă курайман.

Эпĕ çапла шутлатăп: машина-трактор станцийĕсенче тракторсене тата ялхуçалăх машинисене юсама ятарласа бригадăсем организацилеме вăхăт çитрĕ ĕнтĕ. Халĕ пирĕн техникăлла кăлтăксене пула машинăсем нумай чарăна-чарăна лараççĕ. МТС-сенче юсав ĕçне тăвакан бригадăсем, çав бригадăсенче специалистсем пулсан, вĕсем кирек мĕнле кăлтăка та хиртех тӳрлетме пултарнă пулĕччĕç. Çакăн усси питĕ пысăк пулмалла.

Григорьев юлташ хăйĕн сăмахĕн вĕçĕнче Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнчен Вăрмар районне пурăнмалли çуртсем лартма 150 пин тенкĕ тата шкулсене тĕпрен юсама 150 пин тенкĕ пама ыйтать.

— 1953 çулхи 8 уйăхри ĕç итогĕсем,—тет Чăваш АССР Çăмăл тата апатçимĕç промышленность министрĕ П. И. Калинкина,—республикăри çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ продукци туса кăлармалли плана 103 процент тултарнине кăтартса параççĕ. Апат-çимĕç промышленноçне уйрăммăн илсен, вăл 8 уйăхри плана 108,1 процент тултарчĕ.

Унтан Калинкина юлташ министерство предприятийĕсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсем çинчен каларĕ.

Ларура Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ И. А. Афанасьев депутат тухса каларĕ.

И. А. Афанасьев депутат тухса каланă хыççăн Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ тата Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклад тăрăх пренисем вĕçленеççĕ.

Чăваш АССР Финанс министрĕ, РСФСР Верховнăй Совет депутачĕ А. В. Сомов юлашки сăмах тухса калать.

— Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ мана,—тет Сомов юлташ,—çакăн çинчен пĕлтерме хушрĕ: вăл бюджет комисси панă тӳрлетӳсемпе килĕшет тата вĕсене йышăнма кирлĕ тесе шутлать.

Малалла Сомов юлташ депутатсем прени вăхăтĕнче панă асăрхаттарусем çине ответлет.

— Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ,—тет Сомов юлташ,—мана Верховнăй Совета çакăн çинчен пĕлтерме хушрĕ: депутатсем тата прение тухса калана ытти юлташсем асăрхаттарнисене Министрсен Совечĕ пăхса тухать тата вĕсем пирки тивĕçлĕ мерăсем йышăнать.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ—Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн председателĕ С. М. Ислюков депутат Бюджет комиссийĕн председателĕн Я. Г. Маклашкин депутатăн юлашки сăмах каламалли сукки çинчен пĕлтерет.

Ун хыççăн Я. Г. Маклашкин депутат çакăн пек сĕнӳ парать: Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджетне тупăшсемпе расходсен пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăласа, Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета тупăшсемпе расходсен пайĕсем мĕнле пурнăçланнин пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăласа, Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ çинчен калакан Закона статьясем тăрăх сасăласа çирĕплетмелле.

Çак сĕнĕве пурте пĕр саслă пулса йышăнаççĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджетне тупăшсем енĕпе—349.040,2 пин тенкĕ, расходсем енĕпе—348.735,2 пин тенкĕ çирĕплетет, тупăшсем расходсенчен 305 пин тенкĕ ытларах, 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне бюджетра юлакан укçа-тенкĕ 14.218 пин тенкĕ пулаççĕ. Чăваш АССР-ĕн 1952 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета çирĕплетеççĕ. Унтан «Чăваш Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикин 1953 çулхи бюджечĕ çинчен калакан Закона» пĕр саслă пулса йышăнаççĕ.

Çакăнпа сессин иккĕмĕш ларăвĕ хупăнна.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн ларăвĕсем пулнă залра.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

## СЕССИ ДНЕВНИКĔ

### Сентябрĕн 8-мĕшĕнчи каçхи лару

Сентябрĕн 8-мĕшĕнче, каçхине 6 сехетре, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ уçăлчĕ.

Верховнăй Совет кун йĕркинчи иккĕмĕш ыйтăва сӳтсе явма тытăнчĕ. Чăваш АССР-ĕнче халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли мерăсем çинчен Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ М. А. Андреев депутат доклад туса пачĕ.

Доклад хыççăн прениссем пуçланчĕç. Чи малтан Р. А. Садовникова депутат тухса каларĕ.

— Пирĕн çĕршывра халăха вĕрентес ĕç валли укçа-тенкĕ султан-çул нумайрах параççĕ,—тет вăл. — ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен йышăннă Закон тăрăх социально-культурăллă ĕçсем валли 1952 çулхинчен чылай нумайрах укçа памалла тунă.

Пирĕн Сĕнтĕрвăрри районĕнче халăха вĕрентес ĕç валли паракан укçа-тенкĕн шучĕ сакăр çул хушшинче икĕ хут ӳсрĕ.

Партипе правительство халăха вĕрентме тăрăшнине çине ответлесе, пирĕн республикăри нумай шкулсем 1952—1953-мĕш вĕренӳ çулĕнче хăйсен ĕçне лайăхлатрĕç, ачасене лайăхрах вĕрентме пуçларĕç.

1952—1953-мĕш вĕренӳ çулĕн итогĕсенчен Сĕнтĕрвăрри районĕнчи нумай шкулсенче вĕренекенсем çирĕп пĕлӳлли, тĕплĕн вĕренни палăрчĕ. Чермĕшри тата Шульгинăри пуçламăш шкулсенче нур ачасем те вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраççĕ. Маклашкинчи, Уплеrти, Амачкинăри пуçламăш шкулсем иртнĕ вĕренӳ çулне ăнăçлă вĕçлерĕç. Пирĕн районти шкулсен 46 класĕнче вĕреннисенчен пĕр ачана та çав класрах тепĕр çула хăварман. Çапах та районти шкулсенче вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайманнисем чылай-ха.

Халăха вĕрентес ĕçре хăшпĕр ситĕнӳсем туннипе пĕрлех, пирĕн çав ĕçре пысăк ситменлĕхсем пур-ха. Шкулта вĕренме тивĕçлĕ ачасенчен кăçалхи вĕренӳ çулĕ пуçланнă тĕле 14 ачана вĕренме хутшăнтарман.

Шкула çӳревен ачасене вĕренме пăрахтарас мар тĕлĕшпе хăшпĕр шкулсенче çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Сăлтавсăрах 21 ача шкула çӳреме пăрахнă.

Вырăс чĕлхипе математика вĕрентес ĕç кирлĕ пек пулса пымасть. Вăтам шкултан, уйрăмах ялти вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнисем вырăсла лайăх калаçма пĕлмеççĕ, çырнă чухне йăнăшсем тăваççĕ.

Вĕренекенсем çав предметсене çителĕклĕ пĕлменни учительсем мĕнле вĕреннине тĕрĕслес тĕлĕшпе начар ĕçленинчен килет. Шкул директорĕсем вĕрентӳ пособийĕсем çителĕклĕ туянас тата хатĕрлес ĕç çине тимлĕ пăхмаççĕ. Вăтам шкулсенче хими, физика, биологи вĕрентнĕ чухне лабораториллĕ ĕçсем тума кабинетсем çук.

Районти çутĕç пайĕ учительсене вĕренекенсен пĕлĕвĕсене ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлеме мобилизацилемен, учительсене методикăлла пулăшу парас ĕçе кирлĕ пек организацилемен, учительсен идейăпа политика тĕлĕшĕнчи пĕлĕвĕсене, педагогика ăсталăхне ӳстерес ĕçе начар йĕркеленĕ.

— Партипе правительство халăха вĕрентме хытă тăрăшаççĕ,—тет Ф. С. Дмитриев депутат.—Çутĕçпе культура ĕçĕ валли çултан-çул ытларах укçа уйăрса параççĕ. Çак укçа-тенкĕ шкулсене тытса тăма çителĕклĕ.

Пур ачасене те çичĕ çул вĕрентес ĕçе ăнăçлă пурнăçласси ял Советсен исполкомĕсем ачасене шкула çӳретес тĕлĕшпе мĕнле ĕçленинчен нумай килет. Октябрьски районĕнчи Карапаш, Утаçкасси, Энтри Пасар ял Совечĕсен исполкомĕсем шкулсене вăхăтра юсама, шкулсен интерначĕсене валли укçа-тенкĕ вăхăтра пăма тăрăшмаççĕ. Нумай ялсенче шкултан инçетре пурăнакан ачасене шкула лашапа леçсе ярас ĕçе йĕркелемен. Октябрьски район Совечĕн исполкомĕн хальхи вĕренӳ çулĕнче ял Советсен исполкомĕсен ĕçĕнчи çав пысăк ситменлĕхсене кĕске вăхăт хушшинчех пĕтерме тăрăшмалла.

Хальхи вĕренӳ çулĕнче ачасене вĕрентес тата воспитани парас ĕçре кашни учителĕн, шкул директорĕн ответлăхне ӳстерес пулать,—тет вăл.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн директивисенче ачасене пурне те вăтам шкулсенчен вĕрентсе кăларасси çинчен каланă, çакăнтан пирĕн умра пысăк задачăсем тухса тăраççĕ,—тет А. В. Плетнев депутат.—Çавăнпа та Верховнăй Советăн çак сессийĕнче сӳтсе явма халăха вĕрентес ĕçе лайăхлатасси çинчен ыйту лартни тĕрĕс, ку кирлĕ ыйтăва вăхăтра хускатнă.

Чăваш Ялхуçалăх институтне вĕренме кĕмелли экзаменсем вăхăтĕнче çакă палăрчĕ: Чăваш республикинчи вăтам шкулсенче вĕренӳ пахалăхĕ çултан-çул лайăхланса пырать, анчах чылай вăтам шкулсенче ачасене вĕрентес ĕç кирлĕ пек пулса пымасть-ха.

Вăрнар районĕнчи шкулсенче вĕреннисенчен ялхуçалăх институтне кĕме 30 çын экзамен пама тăчĕç, вĕсенчен конкурс результачĕсем тăрăх 10 çын института кĕме пултарчĕç. Пăрачкав, Элĕк, Сĕнтĕр, Канаш районĕсенчи шкулсенчен вĕренсе тухнисен экзаменри результачĕсем тата та лайăхрах пулчĕç.

Çав вăхăтрах чылай районсенчи вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнисен экзаменри результачĕсем начар пулчĕç. Муркаш районĕнчи шкулсенчен вĕренсе тухнă çамрăксенчен института кĕме 29 çын экзамен пама тăчĕç, вĕсенчен виçĕ çынна кăна вĕренме илмелле пулчĕ. Ишлей районĕнчи вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнă 16 çамрăкран конкурс тăрăх института пĕр çын кăна кĕме пултарчĕ.

Малалла Плетнев юлташ кăçал института кĕме килнисен пайĕ çамрăксенчен 23 процентне çеç вĕренме илме май килни çинчен каларĕ. Института кĕме экзаменсем панă, илме юрăхлă çамрăксенчен нумайăшне вĕренме илме май килмен. Институтăн занятисене иртерме вырăн ситмест, çавна пула унта икĕ сменăпа вĕрентеççĕ. Пирĕн республикăри çĕршер çамрăксем института вĕренме кĕресшĕн, вĕсен ыйтăвне тивĕçтерме ялхуçалăх институчĕн çĕнĕ суртне хăвăртрах туса пĕтермелле.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ институт суртне тăвас ĕçре нумай пулăшать, анчах унăн малашне çав сурта хăвăртрах туса лартма тата ытларах пулăшас пулать.

А. М. Кабаевская депутат пур ачасене те шкулта вĕренме хутшăнтарасси тата вĕренӳ çулĕ тăршшĕнче пĕр ача та вĕренме ан пăрахтăр тесе тăрăшасси хальхи вăхăтра пирĕн шкулсем умĕнче тăракан пысăк задача пулни çинчен каларĕ.

Кувакино районĕнчи шкулсен иртнĕ вĕренӳ çулĕнчи ĕç итогĕсенчен çакă курăнать: шкулсем умра тăракан задачăсене çителĕксĕр пурнăçланă, 14 ача вĕренме çӳремен. Çакăншăн шкулсен руководителĕсемпе учительсем айăплă, вĕсем шкул ачисем тата вĕсен ашшĕ-амăшĕсем хушшинче кашнинпе уйрăммăн ĕçлемен. Ял Совечĕсем ачасене шкула çӳретме, уйрăм ачасене материальнăй пулăшу парас ĕçе организацилеме вăхăтра тата кирлĕ пек тăрăшман.

— Районти шкулсен VIII—X-мĕш класĕсенче вĕренекенсен йышĕ нумай ӳснĕ,—тет вăл малалла.—1948—1949-мĕш вĕренӳ çулĕнче районти икĕ вăтам шкулăн VIII—X-мĕш класĕсенче 146 çын вĕреннĕ пулсан, хальхи вĕренӳ çулĕнче 564 çын вĕренет. 1953—1954-мĕш вĕренӳ çулĕнче Кувакинăри вăтам шкулăн VIII-мĕш виçĕ класĕнче 162 çын вĕренет. Кладбищĕри вăтам шкулăн VIII-мĕш виçĕ класĕнче 118 ача. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕнчен тата Çутĕç министерствинчен эпĕ Кувакинăри вăтам шкулта VIII-мĕш класс тепре уçма ыйтатăп. Вăтам шкулсем çумĕнче интернатсен çурчĕсене тăвас ыйту сивĕч тăрать.

Кувакинăри вăтам шкул а районти ултă ялти ачасем вĕренме çӳреççĕ. Хăшпĕр ялсем шкултан 20 километртра. Вĕренекенсем нумайăшĕ Кувакинăри уйрăм çынсем патĕнче хваттерте пурăнаççĕ, çав çуртсенче вĕсемшĕн урока хатĕрленме условисем çук.

Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнчен эпĕ 1954 çулта районти вăтам шкулсем çумĕнче интернатсем уçма укçа-тенкĕ уйăрса пама ыйтатăп.

— Пурне те вăтам шкулта вĕрентме условисем хатĕрлеме,—тет В. М. Иванова депутат,—шкулта вĕренме тивĕçлĕ ачасене пурне те обязательнăй йĕркепе çичĕ çул вĕрентмелли закона çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Çĕрпӳ районĕнчи нумай шкулсенче пур ачасене те вĕренме илнĕ, вĕренӳ çулĕн тăршшĕнче вĕренме пăрахакансем пулман. Ачасем вĕренме ан пăрахчăр тесе, хăшпĕр ачасене вăхăтра пулăшу панă. Анчах хăшпĕр ял Советсен председателĕсем, шкулсен директорĕсемпе заведующийĕсем ачасене вĕренме пăрахтарас мар тесе сахал тăрăшнă. Çавна пула районти шкулсенчен 262 ача вĕренме пăрахнă. Вĕсенчен 58 ача нимĕнле сăлтавсăрах шкула çӳремен.

Шкулсене йĕркеллĕ ĕçлеме нумай сăлтавсем чăрмантараççĕ. Чылай шкулсен юрăхлă çуртсем çук. Сăмахран, Первомайскинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта занятисене клубра иртереççĕ. Кунта кăнтăрла ачасене вĕрентеççĕ, каçхине колхозниксен пухăвĕсене иртереççĕ, спектакльсем лартаççĕ, кино кăтартаççĕ. Шкула таса тытмаççĕ, çав çурт ачасене вĕрентме юрăхлă мар.

Çĕрпӳри вăтам шкулта занятисене икĕ сменăпа иртереççĕ. Çĕрпӳри тата Стакрари вăтам шкулсем çумĕнче интернатсем çук, çакă вара ачасене лайăх вĕренме чăрмантарать.

Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнчен эпĕ 1954 çулта Çĕрпӳри вăтам шкул валли çурт тата районта çичĕ çул вĕренмелли пĕр шкул лартма, Шĕнер ялĕнче вăтам шкул уçма укçа-тенкĕ уйăрса пама ыйтатăп. Çавăн пекех 1954 çулта Стакрари, Виçпакассинчи тата Çĕрпӳри вăтам шкулсем çумĕнче 40-шер ача пурăнмалăх интернатсем тума укçа уйăрса пама ыйтатăп.

Л. Я. Агапов депутат шкулсем валли кĕнекесем, учебниксем, методика пособийĕсемпе наглядлăй пособисем çителĕклĕ хатĕрлесси çинчен каларĕ.

Юлашки çулсенче Чăваш государство издательстви чăваш шкулĕсем валли учебниксем кăларас ĕçе чылай лайăхлатрĕ. Кĕнекесем вăхăтра, вĕренӳ çулĕ пуçланиччен пичетленсе тухаççĕ.

Учебниксене вăхăтра кăларасси—пысăк ĕç, анчах çавăнпа пĕрлех вĕсене шкулсене çитересси те пĕчĕк ĕç мар. Çак ыйтупа Çутĕç министерствин ытларах интересленмелле. Кашни шкул çумĕнче лайăх библиотека пулмалла.

А. П. Васильева депутат Шăмăршă районĕнче халăха вĕрентес ĕç мĕнле пулса пыни çинчен каласа пачĕ.

Çакăнпа Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ хупăнчĕ.

## Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ тата 1952 çулхи бюджета пурнăçлани çинчен тунă доклада сӳтсе явни

### И. В. Новиков депутат сăмахĕ

(Канаш хули, Ленински округ)

Депутат юлташсем! Канаш хулинчи ĕçсынисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, СССР Верховнăй Совечĕн тата РСФСР Верховнăй Совечĕн нумай пулмасть пулса иртнĕ сессийĕсем йышăннă решенийĕсене тата СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ каланă сăмаха чĕререн ырласа кĕтсе илчĕç. Хулари ĕççыннисем пирĕн çĕршыв умĕнче тăракан пысăк задачăсене пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеме хатĕр тăраççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви куллен тăрăшнипе тата пулăшса пынипе Чăваш республикинчи ĕççыннисем социализм строительствинче пысăк ситĕнӳсем турĕç. Пирĕн республикăра шултра промышленность туса хунă, халĕ те çĕнĕ промышленность предприятийĕсем, культура учрежденийĕсем тата пурăнмалли çуртсем тума укçа-тенкĕ нумай уйăрса параççĕ. Канаш хулинче вагонсем юсакан заводра энергетика хуçалăхĕ сарăлса пырать, 440 вырăнлă пиллĕк лайăх шкул туса лартнă, çĕнĕ мунча тума тытăннă, пурăнмалли çуртсем, чугун çул вокзалĕ тăваççĕ. Ку вăл Коммунистсен партийĕпе совет правительстви халăх ырлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнине кăтартать. Канаш хулинчи ĕççыннисем социализмла ăмăртăва сарса пыраççĕ, Тăван çĕршыва малалла вăйлатассишĕн, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеççĕ.

1952 çулта хулари промышленность продукци туса кăлармалли плана 106,3 процент тултарчĕ, продукцин хăйне лараkан хакне йӳнетмелли задание 12 предприяти пурнăçларĕç. Кăçалхи пĕрремĕш çур çулта продукци туса кăлармалли плана 106 процент тултарнă. Канаш чугун çул узелĕ те ăнăçлă ĕçлесе пырать.

Анчах пирĕн ĕçре, ситĕнӳсемпе пĕрлех, пысăк ситменлĕхсем пур-ха.

Канаш хули—республикăри промышленность центрĕсенчен пĕри. Хулара учительски институт, финанс техникумĕ, фельдшер-акушер шкулĕ, темиçе вăтам шкул тата ытти шкулсем те пур. Хулара çĕнĕрен промышленность предприятийĕсем лартаççĕ. Çавна май хулара пурăнакан халăх йышĕ ӳссех пырать. Вăрçă умĕнхи вăхăтрипе танлаштарсан, Канаш хулинче халăх йышĕ икĕ хут ытла ӳснĕ. Çавăнпа пурăнмалли çуртсем тăвас ыйту сивĕччĕн тухса тăрать. Анчах республикăн Министрĕсен Совечĕ тата уйрăм министерствăсем, пирĕн шутпа, Канаш хули çине çителĕклĕ çаврăнса пăхмаççĕ-ха.

Кăçал Чăваш АССР Коммунальнăй хуçалăх министерстви енĕпе пирĕн хулара 12 хваттерлĕ çурт лартма палăртнăччĕ. Хула Совечĕ çурт лартма участок уйăрчĕ, чул хатĕрлерĕ, анчах Коммунальнăй хуçалăх министерстви проектпа сметăсем халĕ те туса памарĕ. Унтан та ытларах, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çурт тума панă укçаран 66,4 пин тенкĕ каялла илчĕ. Эпир республикăн Министрĕсен Советĕнчен тата Коммунальнăй хуçалăх министрĕнчен Волков юлташран 12 хваттерлĕ çурт тума проектпа сметăсем хатĕрлессине хăвăртлатма ыйтатпăр.

Тата хулари коммунальнăй çуртсем нумайăшĕ кивелсе çитнине те палăртас пулать. 45 çурта тĕпренех юсамалла. Эпир Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнчен Канаш хулинче коммунальнăй çуртсене юсама 70 пин тенкĕ хушса пама ыйтатпăр.

Хулара халăх йышĕ ӳссе пынă май благоустройство ĕçĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать. Хулара иккĕмĕш çул ĕнтĕ автобуссем çӳреççĕ. Совет государстви пире пиллĕк лайăх автобуссем уйăрса панă. Вĕсемпе çӳреме пур çăрнă лайăх çулсем кирлĕ. Анчах ку тĕлĕшпе пирĕн пысăк ситменлĕхсем пур. Хулари организацисем çул тумалли плана кашни çулленех тултарса пыраççĕ, кăçал та плана тултарнă. Çулсем тума уйăрса панă укçапа пĕтĕмпех усă курнă. Çапах та пиллĕк кирлĕ çулсене туса çитереймен. Эпир республикăн Министрĕсен Советĕнчен Канаш хулинче çулсем тума татах 100 пин тенкĕ уйăрса пама ыйтатпăр.

Депутат юлташсем! Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çак сессире пăхса тухма тăратнă бюджет чăваш халăхĕн пурнăçри интересĕсене палăртса тăрать. Çак бюджета Чăваш Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ çирĕплетĕ. Бюджетăн кашни цифри халăх хуçалăхĕ аталанса, пĕрмаях çĕкленсе пынине, культура строительстви вăйланнине, Чăваш республикинчи ĕççыннисен материальнăй пурнăçпа культура шайĕ ӳссе пынине кăтартса тăрать.

### М. П. Павлов депутат сăмахĕ

(Тăвай районĕ, Тăвай округĕ)

Депутат юлташсем! Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ пирĕн республикăн экономикипе культури ӳсе пынине уççăн кăтартса парать. Тăвай районĕнчи ĕççыннисем, пирĕн республикăри мĕнпур ĕççыннисемпе пĕрле, халăх хуçалăхĕн планне пурнăçлас çĕрте хăшпĕр ситĕнӳсем тума пултарчĕç. Пирĕн районти ĕççыннисем кăçал пысăк тухăçлă тырпул ӳстерчĕç, пĕрчĕллĕ тырăсемпе парçа йышши культурăсене ăнăçлă пухса кĕртрĕç, государствăна тырă памалли плана, кĕрхи тырăсем акмалли плана ăнăçлă тултарчĕç, 1954 çул валли çителĕклĕ таран вăрлăх хатĕрлерĕç. Халĕ ялхуçалăх çулне вĕçлес тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлеççĕ. Вырăнти тата коопераци промышленность предприятийĕсем продукци туса кăлармалли 8 уйăхри плана тултарчĕç. Культура строительстви енĕпе те чылай пысăк ситĕнӳсем тунă.

Анчах та райсовет исполкомĕн, унăн пайĕсен, хуçалăхпа коопераци организацийĕсен, колхозсемпе МТС-сен ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем пур-ха.

Райсовет исполкомĕ район бюджетне тата ялсен бюджечĕсене пĕтĕмпех пурнăçласа çитермелле тăваймарĕ, çавна пула социально-культурăллă ĕçсем валли вăхăтра укçа-тенкĕ парса тăманни, ĕç укçине вăхăтра паманни те пулнă. Кăçал хресченсем хушшинче заем укçи 56,7 процент чухлĕ кăна пухнă. Халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана иккĕмĕш кварталта кăна тултарнă. Район ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстермелли плана султан-çул тултарса пымасть, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана та тултарман. Машина-трактор станцийĕ комбайнсемпе тырпул пухса кĕртмелли плана тултараймарĕ, колхозсемпе тунă договорсенчи обязательствăсене те пурнăçласа пымасть. Тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕçри пысăк ситменлĕхсенчен пĕри вăл çĕре вырăнти тата минераллă удобренисемпе çемçетмелли плана тултарайманни пулать. Районти колхозсем выльăх-чĕрлĕх витисем тумалли, кивисене юсамалли плана тата сĕтеклĕ апатсем хатĕрлемелли плана тултарман-ха. Районта шкулсемпе больницăсем тăвас ĕç те çителĕксĕр пулса пырать. Шкулсене тĕпрен юсама уйăрнă укçа-тенкĕрен 70 процентпа, больница тума уйăрнă укçа-тенкĕрен 30 процентпа кăна усă курнă.

Райсовет исполкомĕ çак ситменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене вăхăтра панă задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесе, массăсем хушшинчи организаципе воспитани ĕçне çӳлĕрех пусăма çĕклĕ.

Депутат юлташсем! Манăн çак сессире республикăри министерствăсемпе ведомствăсем пирки калас килет. Тăвайри машина-трактор станцийĕ 1936 çултанпа ĕçлет, унăн тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисем нумай. Анчах та МТС-ăн халиччен те машинăсене юсамалли мастерской çук. Тăвай МТС-ĕ валли мастерской тăвасси çинчен эпир пĕр хутчен кăна мар ыйту тăратнă, анчах Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви ку ыйту çине çаврăнса пăхмасть. Эпĕ Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине 1954 çулта Тăвай МТС-ĕнче мастерской тăвас ыйтăва татса пама ыйтатăп.

Коммунальнăй хуçалăх министерствипе республикăри Министрсен Совечĕ район центрĕсенчи благоустройство тĕлĕшпе пачах та ĕçлемеççĕ. Юлашки 15 çул хушшинче пирĕн района капитальнăй строительство валли, район больницисĕр пуçне, укçа-тенкĕ уйăрса паман. Район центрĕнче врачсем, ялхуçалăх специалисчĕсем валли коммунальнăй хваттерсем çук. Вĕсем, районти ертсе пыракан ĕçри нумай работниксем пекех, уйрăм çынсем патĕнче хваттерте пурăнаççĕ. Район центрĕнче обществăлла мунча, электростанци, кинотеатр çук. Эпĕ республикăн Министрсен Советĕнчен 1954 çулта Тăвай ялĕнче райпромкомбинат çумĕнче 150 лаша вăйлă электростанци, врачсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем валли сакăр хваттерлĕ çурт тăвассине палăртса хума ыйтатăп.

Тăвай районĕнче юлашки хут 1939 çулта Эльпуç ялĕнче шкул тунă. Кашни çулах эпир шкулсем тума, кивисене юсама укçа-тенкĕ уйăрса парасси çинчен ыйту лартатпăр, анчах эпир ыйтнине шута илмеççĕ, шкул çурчĕсем вара юхăнса пыраççĕ. Республикăн Çутĕç министрĕ тата унăн заместителĕсем эпир лартакан ыйтусем çине çиелтен пăхаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем районсенче, уйрăммăн илсен, Тăвай районĕнче пулмаççĕ. Эпир 1954 çулта Енĕш Нăрваш ялĕнче çĕнĕ вăтам шкул тума, Чутей, Мучар, Çĕнĕ Пуянкасси, Кармал ялĕсенчи çичĕ çул вĕренмелли, Тĕмерти вăтам шкул çурчĕсене тĕпрен юсама бюджетра укçа-тенкĕ уйăрса пама çине тăрса ыйтатпăр.

Топливо ыйтăвне татса парас тĕлĕшпе пысăк йывăрлăхсем пур. Госплан работникĕсем строительство материалĕсемпе топливо уйăрса пама ыйтсан яланах пĕр ответ параççĕ: «Фондсене валессе пĕтернĕ, пирĕн урăх нимĕн те çук, сире нимĕн те пулăшма пултараймастпăр», теççĕ. Анчах кун пек калани пире çăмăллăх кӳмест. Эпир Министрсен Советĕнчен пирĕн ыйтăва пăхса тухма, бюджетра тăракан учрежденисем валли çителĕклĕ таран топливо уйăрса пама ыйтатпăр.

Депутат юлташсем! Бюджета пурнăçласси вырăнти Советсен чи пысăк ĕçĕсенчен пĕри пулса тăрать. Вĕсем халăх укçине кашни пусне упрамалла, бюджета укçа-тенкĕ вăхăтра пырса кĕтĕр тесе тата вăл укçана тĕрĕс расходлас тĕлĕшпе ĕçлемелле. Ку задачăна пурнăçлас тесе тата тăрăшарах ĕçлĕпĕр.

### Г. А. Херсонов депутат сăмахĕ

(Октябрьски районĕ, Нарат Чакки округĕ)

Депутат юлташсем! Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ Верховнăй Совет сессийĕнче пăхса тухса çирĕплетме тăратнă бюджет Чăваш Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикинчи ĕççыннисен пурнăç интересĕсене пĕтĕмпех тивĕçтерет.

Ишлей районĕнчи ĕççыннисем, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсемпе тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Маленков юлташ сессире каланă сăмахпа хавхаланса, СССР хуçалăхне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх палăртнă задачăсене пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва çĕнĕ вăйпа сарса ячĕç.

Пирĕн район государствăна тырă памалли плана срокчен, августăн 29-мĕшĕнче тултарчĕ. Сентябрĕн 5-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмĕшле илсен, тырпулсене вырса пĕтернĕ. Хальхи вăхăтра колхозсем кĕлтесене капана хывас, авăн çапас, вăрлăхпа выльăх апачĕн фончĕсене хывас, çĕрулми кăларас тата техникăлла культурăсене пухса кĕртес ĕçсене пысăк хăвăртлăхпа туса пыраççĕ. Кĕрхи тырăсене правительство кăтартса панă срокра акнă. Килес çул выльăх апачĕ тума 300 гектар ыраш акса хăварнă.

1952 çулта район бюджетне пурнăçлайман. Бюджета тупăшсем енĕпе 95,7 процент, расходсем енĕпе 97,5 процент кăна пурнăçланă. Артельсемпе колхозсем тата çавăн пекех финанс органĕсем хăйсен ĕçне лайăхлатнă май районăн 1953 çулхи бюджечĕ ăнăçлă пурнăçланса пырать. 1953 çулхи пĕрремĕш çур çул бюджетне ирттерсе пурнăçланă.

Анчах 1953 çулта та, 1952 çулхи пекех, оборотран налог илмелли план тулса пымасть. 1952 çулта оборотран илекен налог укçине 41,6 пин тенкĕ пухса çитермен, 1953 çулхи пĕрремĕш çур çулта та плана пурнăçламан.

Районти суту-илӳ организацийĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Райпотребсоюзпа ялпосен руководителĕсем тавар çаврăнăш планне пĕтĕмĕшпе тултарнипех лăпланчĕç. Çав вăхăтрах хăшпĕр суту-илӳ организацийĕсем тавар çаврăнăш планне тăтăшах тултармаççĕ. Уйрăм лавккасенче ĕççыннисене кирлĕ таварсем пулмаççĕ. Кун пек ситменлĕхсене пĕтерессишĕн çине тăрса кĕрешмелле.

Депутат юлташсем! Бюджет çинчен сӳтсе явнă май, эпĕ Чăваш АССР Верховнăй Советне 1953 çулта Ишлей районĕн бюджетне укçа-тенкĕ ытларах уйăрса пама ыйтасшăн. Район центрĕнчи коммунальнăй хваттерсене юсама 1953 çулхи бюджетрен 50 пин тенкĕ укçа уйăрса пама ыйтатăп.

Çавăн пекех 1954 çулта Ишлей районĕн больницинче ача çуратмалли уйрăм тума палăртма тата çав ĕçе тума бюджетран укçа уйăрса пама ыйтатăп.

Хыркассинчи тата Мăн Марвари çичĕ çул вĕренмелли шкулсем—районти çичĕ çул вĕренмелли шкулсенчен чи пысăккисем. Анчах вăл шкулсен çурчĕсем кивелсе пыраççĕ. Çав шкулсем валли çĕнĕ çуртсем тумалла.

Депутат юлташсем! Ишлей районĕнчи ĕççыннисем, мĕнпур совет халăхĕ пекех, ырă малашлăха лайăх курса тăраççĕ. Вĕсем халăх хуçалăхĕн планне пурнăçлама мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвĕç.

Тухса калакан депутатсем Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджетне йышăнма сĕнӳ панине эпĕ те ырлатăп.

Иккĕленмелли çук, Чăваш АССР-ĕн 1953 çулхи бюджечĕ ăнăçлă тата ытлашшипех пурнăçланĕ.

### А. И. Иванова депутат сăмахĕ

(Советски районĕ, Советски округĕ)

Советски районĕнчи ĕççыннисем, мĕнпур совет халăхĕ пекех, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсене тата СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сессире тухса каланă сăмаха хапăл туса кĕтсе илчĕç. Вĕсем совет государствин шалти тата тулашри политикине чунтанчĕререн ырлаççĕ, Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра тачă пĕтĕçсе, коммунизм обществи тăвассишĕн ырми-канми ĕçлеççĕ.

Кăçал пирĕн районти колхозсем тухăçлă тырпул пăхса ӳстерчĕç, ăна кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа пухса кĕртеççĕ, халĕ государство умĕнчи обязательствăсене срокчен пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе те иртнĕ çулхисенчен лайăхрах ĕçлесе пыраççĕ.

Пирĕн районти ĕççыннисен пурнăçĕ пĕрмай лайăхланать тата культури тăтăшах ӳссе пырать. Ăна эпир район бюджечĕ çулран çул ӳссе пынинчен те аван куратпăр. Паллă ĕнтĕ, районти мĕнпур социально-культурăллă ĕçсене тата халăх хуçалăх планне ăнăçлă пурнăçласа пырасси район бюджетне вăхăтра тултарса пынинчен килет. Ку тĕлĕшпе вара пирĕн ситменлĕхсем те сахал мар-ха. Район иртнĕ çулхи бюджета 96,6 процент кăна пурнăçланă. Çавна пула ялхуçалăхпа культура строительстви енĕпе палăртнă чылай ĕçсене туса çитереймен.

Район бюджетне тупăшсем енĕпе пурнăçлас ĕçре оборотран илекен налог тĕп вырăн йышăнса тăрать. Пирĕн районта промышленность предприятийĕсем сахал. Çавăнпа та район бюджетĕнче суту-илӳ организацийĕсем тунă оборотран илекен налог пысăк вырăн йышăнать. Анчах иртнĕ çулта районти суту-илӳ организацийĕсем ытла та япăх ĕçлерĕç, вĕсем район бюджетне 167 пин тенкĕ ытла парса çитереймерĕç.

Калас пулать, суту-илӳ организацийĕсем кăçал та япăх ĕçлеççĕ, тавар çаврăнăш планне кварталтан кварталах тултарса пымаççĕ. Ялсенчи чылай лавккасемпе магазинсенче халăха куллен кирлĕ таварсем тупса илме çук. Çав вăхăтрах райпотребсоюз района уйăрса панă чылай таварсене кӳрсе килмен.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче халăха вĕрентес ĕç енĕпе питех те пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле пысăк хуласенче çичĕ çул вĕрентес ĕçрен пурне те вăтам пĕлӳ памалла тăвас ĕçе кӳçма, çав хушăрах ытти хуласемпе ялсенче те çитес пилĕкçуллăхра вăтам пĕлӳ памалла тума кирлĕ условисем хатĕрлесе çитерме палăртнă. Кăçал эпир шкулсене çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрлес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттертĕмĕр. Шкула кайма çул çитнĕ ачасене пурне те учета илнĕ, вĕсене шкула явăçтарнă.

Пирĕн районта Хучашра вăтам шкул уçасси пирки темиçе çул сăмах пырать ĕнтĕ. Шкул тăвас пирки эпĕ Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕнчех сăмах хускатнăччĕ. Анчах та çак ĕç паянхи куна та вырăнтан хускалман. Советски районĕнчи ĕççыннисен ыйтăвĕсене шута илсе, эпĕ Чăваш АССР Министерствин Советĕнчен 1954 çулта Хучашра вăтам шкул уçма, вăтам шкулсем çумĕнче интернатсем тума тата кивелнĕ шкул çурчĕсене юсама 275 пин тенкĕрен кая мар укçа уйăрса пама татах тепĕр хут ыйтатăп.

Юлашки çулсенче районти ĕççыннисене медицина пулăшăвĕ парасси чылай лайăхланчĕ пулин те, сывлăха сыхлас тĕлĕшпе пысăк ситменлĕхсем пур-ха. Уйрăмах трахомăпа кĕрешес ĕç çителĕксĕр пырать.

Район центрĕнчи больницăна 80 çул каярах тунă, унтанпа ăна нихçан та юсаман. Кунта чирлĕ çынсене тивĕçлĕ пулăшу пама условисем пурри пирки сăмах хускатма та çук. Кунне миçе çын тата кам кăна килмест—йывăр чирленнисене те, çăмăлланма килнĕ хĕрарăмсене те, суранланнисене те—пурне те пĕр пӳлĕмре йышăнаççĕ. Çавна пула чирлисене вăхăтра пулăшу параймаççĕ. Васкавлă пулăшу пама тухас пулсан, больницăн нимĕнле транспорт та çук.

Çĕнĕ установкăсемпе аппаратсем çителĕклĕ мар. Сăмахран, рентген установки çук пирки чирлĕ çынсен 70—80 километра Шупашкара килме тивет. Çавна пулах тата больницăра ӳпке чирĕнчен искусственнăй майпа сывлăш ярса сыватмалли аппаратпа та туллин усă кураймаççĕ.

Районта 12 врачран кая мар ĕçлемелле пулсан, халĕ 6 врач кăна ĕçлет (вăл шута районти сывлăх пайĕн заведующийĕ те кĕрет). Вырăнсенче фельдшер тата акушер пункчĕсенче те ситменлĕхсем чылай. 9 фельдшер тата акушер пункчĕ, çурт çук пирки, колхозниксен килĕсенче вырнаçнă. Врачсемпе вăтам медицина работникĕсем ялсенче сайра-хутра кăна пулаççĕ.

Çакăн хыççăн районта халăх сывлăхне сыхлас ĕçе кирлĕ пек йĕркеленĕ теме пулать-и? Паллах, çук! Тен, кун çинчен Сывлăх министрĕ Ефимова юлташ пĕлмест пулĕ? Пачах урăхла! Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ кăçалхи февралĕн 27-мĕшĕнче йышăннă постановленире Сывлăх министрне Ефимова юлташа Советски районĕнчи халăх сывлăхне сыхлас ĕç мĕнле пулса пынине тĕпчесе вĕренме тата çак ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе райсовет исполкомĕпе пĕрле конкретлă мерăсем палăртма хушса хăварнăччĕ. Унтанпа çур çул иртрĕ пулин те Ефимова юлташ та, унăн заместителĕ Сергеев юлташ та пирĕн района пырса чăрманма шутламарĕç. Решени хут çинче кăна юлчĕ.

Пирĕн районта вăрман çук пирки вутă-шанкă ыйтăвĕ сивĕч вырăнта тăрать. Вутăна пире «Главлесосбытăн» Чăваш республикĕнчи кантурĕ пама тивĕçлĕ. Кăр çывхарса çитрĕ ĕнтĕ, анчах çак кантур (управляющийĕ Долбилов юлташ) района вутă тăратасси пирки аса та илмест. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ панă план тăрăх района 7.000 кубометр вутă тăратмалла пулсан, халлĕхе çуррине те паман-ха.

Районти колхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çуртсем тума 12 пин фестметр йывăç кирлĕ пулсан, 8 пин фестметр кăна панă, вăл шутран строительствăна юрăхли çурри кăна. Çакна Министрсен Совечĕн шута илес пулать.

Чăваш АССР Верховнăй Советĕнче пăхса тухма палăртнă республика бюджечĕ промышленноçа, ялхуçалăха аталантарса пыма, пирĕн халăхăн материальнăй тата культурăллă пурнăç шайне ӳстерсе пыма пулăшать. Çавăнпа та эпĕ республикăн 1953 çулхи бюджетне çирĕплетме сĕнетĕп.

Пирĕн районти ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, партин XIX-мĕш съезчĕ лартнă задачăсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕç.

## ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

# Республикăра халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен

### *Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ М. А. Андреев депутат тунă доклад*

Депутат юлташсем!

Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерниспе чăваш халăхĕ, пирĕн çĕршыври ытти халăхсем пекех, хăйĕн çĕршывне урăхлатса çĕнетме, хăйĕн республикине политика, экономика, культура тĕлĕшĕнчен аталантарма пысăк майсем илчĕ. Совет влаçĕ вăхăтĕнче пирĕн республика сăн-сăпачĕ тата пурнăçĕ нумай улшăнчĕ. Чăваш халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, Совет государствипе аслă вырăс халăхĕ, Совет Союзĕнчи ытти тăванла халăхсем пулăшнипе, хăйĕн çĕршывне тĕпренех урăхлатса çĕнетрĕ. Чăваш Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республика, совет çĕршывĕнчи ытти мĕнпур автономиллĕ республикăсем пекех, промышленность аталаннă, социализмла шултра ялхуçалăхлĕ тата малта пыракан культура вăйлăн аталаннă республика пулса тăчĕ.

Коммунистсен партийĕ нациллĕ республикăсенче культурăллă революци тăвассине ĕçе кĕртсе, Совет Союзĕнчи халăхсене хуçалăхпа культура строительствине ăнăçлă пурнăçламалли çул-йĕрпе малалла çирĕппĕн илсе пырать.

Совет Союзĕнчи нациллĕ республикăсен культура строительствинче шкул питех те пысăк вырăн йышăнса тăрать. Совет влаçĕ пулнăранпа пирĕн республикăра шкулсем нумай ӳснĕ. Чăваш республики территорийĕнче 1913 çулта пĕтĕмпе те 463 шкул кăна пулнă пулсан, 1952—1953-мĕш вĕренӳ çулĕнче 1.046 шкул пулнă. Шкулсен хисепĕ çавăн чухлĕ пулни хуласемпе ялсенчи мĕнпур ачасене çичĕ çул вĕрентме май пачĕ. Шкулсенче вĕренекенсен йышĕ çултан-çул ӳссе пырать. 1952—1953-мĕш вĕренӳ çулĕнче 175.347 çын вĕреннĕ, çакă вăл, революциччен хипе танлаштарсан, ултă хут нумайрах çын вĕреннине пĕлтерет.

Пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсемсĕр пуçне Чăваш АССР-ĕнче çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксене пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан каçхи шкулсем, училищĕсем, специальноçа вĕренмелли шкулсем, учительсем хатĕрлекен институт, педагогика тата ялхуçалăх институчĕсем пур. Иртнĕ çулта çав шкулсенче тăхăр пин çын ытла вĕреннĕ. Мускаври, Ленинградри, Горькири, Хусанти тата çĕршыври ытти хуласенчи аслă шкулсенче пирĕн республикăри çамрăксемпе хĕрачасем нумай вĕренеççĕ. Совет правительстви пирĕн институтсем çумĕнче выльăх-чĕрлĕх физиологийĕ енĕпе, чăваш чĕлхипе литератури енĕпе пысăк квалификациллĕ специалистсем хатĕрлеме аспирантурăсем уçрĕ.

Халĕ республикăри кашни тăваттă çынтан пĕри вĕренет.

Совет влаçĕ вăхăтĕнче пирĕн республикăри шкулсем валли квалификациллĕ учительсем нумай вĕрентсе хатĕрленĕ. Чăваш республикине кĕрекен хальхи территорире Октябрьти революциччен 822 учитель ĕçленĕ пулсан, халĕ вара 9.631 учитель ĕçлет.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ, культурăпа наука тата çутĕç ыйтăвĕсем çине тимлĕ пăхса, шкул умне тата халăха вĕрентес ĕç органĕсем умне питех те ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ: пурне те вăтам пĕлӳ памалла тăвас ĕçе куçмалла, пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсенче политехникăлла вĕрентĕве пурнăçлама тытăнмалла.

Пур ачасене те çичĕ çул вĕрентессинчен пурне те вăтам пĕлӳ памалла тăвас ĕçе куçмалли пĕрремĕш тата чи кирлĕ условисенчен пĕри вăл ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентессине ăнăçлă пурнăçлани пулать.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче пирĕн çĕршыври хуласенчи тата ялсенчи ачасене обязательнăй йĕркепе çичĕ çул вĕрентес тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тунă. Ку пирĕн республика примерĕнчен те курăнать. 1952—1953-мĕш вĕренӳ çулĕнче республикăри çичĕ çул вĕренмелли шкулсен шучĕ, 1940—1941-мĕш вĕренӳ çулĕнчипе танлаштарсан, 24,4 процент, V—VII-мĕш классенче вĕренекенсен йышĕ 47,1 процент ӳснĕ.

Ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентмелли йĕркене пур çĕрте те пурнăçласа пынипе вăтам пĕлӳ парас ĕç те чылай вăйланчĕ. Юлашки виçĕ çул хушшинче республикăра çĕнĕрен 23 вăтам шкул уçнă, 1952—1953-мĕш вĕренӳ çулĕнче VIII—X-мĕш классенче вĕреннисен йышĕ, 1940—1941-мĕш вĕренӳ çулĕнчипе танлаштарсан, 39,1 процент ытларах пулнă. Республикăри нумай шкулсем кашни çулах ачасене пурне те шкула явăçтараççĕ, вĕсенче вĕренекенсен йышĕ вĕренӳ çулĕ вĕçлениччен пĕр пек юлать.

Ситес çулсенче пирĕн пур ачасене те вăтам пĕлӳ парас ĕçе куçмалла. Çавна тăвас тесен, пур ачасене те обязательнăй йĕркепе çичĕ çул вĕрентмелли закона çирĕп пурнăçласа пымалла. Анчах район Совечĕсен нумай исполкомĕсемпе вĕсен çутĕç пайĕсем, шкулсен руководителĕсем пур ачасене те çичĕ çул вĕрентмелли закона пăсаççĕ, вĕренме тивĕçлĕ ачасенчен чылайăшне шкула явăçтармаççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче, пĕтĕм республикипе илсен, пĕр сăлтавсăрах 1.654 ача шкула вĕренме çӳремен. Ку тĕлĕшпе уйрăмах Чкаловски, Шăмăршă, Тăвай, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче ĕç начар тăрать.

Вĕренме тивĕçлĕ ачасене пурне те шута илни кирлĕ. Анчах пирĕн республикăри хăшпĕр вырăнти Советсем ачасене шута илес ĕç çине çиелтен пăхнă. Çапла Элĕк, Канаш, Шăмăршă, Чкаловски, Тăвай районĕсенче иртнĕ çулсенче шкула çӳреме пăрахнă ачасене, колхозсенче ĕçлекен çамрăксене шута илмен. Çавна пула Элĕк районĕнче шкула çӳреме çул çитнисенчен 72 ача, Канаш районĕнче—49 ача, Шăмăршă районĕнче—101 ача, Чкаловски районĕнче—211 ача, Тăвай районĕнче—169 ача вĕренмен.

Ку акă мĕншĕн çавăн пек пулнă: район Совечĕсен исполкомĕсем тата нумай ял Совечĕсем ачасене шута илес тĕлĕшпе пĕтĕм ĕçе шкул директорĕсемпе учительсем çине йăвантарнă, ачасене шута илес ĕç мĕнле пынине тĕрĕслесе тăман, халăх хушшинче ăнлантару ĕçне ситеĕлĕксĕр туса пынă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ июль уйăхĕнчех хула Совечĕсемпе район Совечĕсен исполкомĕсене вĕренме тивĕçлĕ ачасене шута илес ĕç мĕнле пынине тĕрĕслесе тăма, ачасене пурне те шута илме тата вĕренĕве хутшăнтарма хушнăччĕ. Анчах вĕренӳ çулĕ пуçлансан малтанхи кунсенчех район Совечĕсен исполкомĕсенчен хăшпĕрисем Министрсен Совечĕн кăтартăвне пурнăçлама ситеçлĕх тăрăшманни, ачасене пурне те шута илес тата вĕренме тивĕçлĕ ачасене пурне те шкула çӳретес ĕçе пурнăçламанни палăрчĕ. Вĕренӳ пуçланнă кун Хĕрлĕ Чутай районĕнче 384 ача, Улатăр районĕнче—353 ача, Вăрнар районĕнче—228 ача шкула пыман. Республикăра I—VII-мĕш классенче вĕренме тивĕçлĕ ачасенчен вĕренӳ пуçланнă кун 5.420 ача шкула пыман. Çав ачасенчен чылайăшĕ колхозра ĕçленĕ пирки тата шкул вĕсем пурăннă вырăнтан инçетре пулнă пирки вĕренме пыман.

Район Совечĕсен исполкомĕсемпе вĕсен çутĕç пайĕсен, шкул директорĕсен шкул çулне çитнĕ ачасене пурне те çитес кунсенчех вĕренме хутшăнтарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнас пулать. Çавăнпа пĕр вăхăтрах кашни ача вĕренме çӳренипе çӳременнине тĕрĕслесе тăмалла, ачасем вĕренме ан пăрахчăр тесе пур майсемпе те тăрăшас пулать. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче республикăри шкулсенче вĕренекенсенчен 898 ача пĕр сăлтавсăрах вĕренме пăрахнă. Уйрăмах Первомайски, Улатăр, Çĕмĕрле, Кувакино, Йĕпреç тата Пăрачкав районĕсенчи шкулсенче нумай вĕренекенсем шкула çӳреме пăрахнă.

Ку вăл çакна кăтартса парать: ачасене пурне те шкултан вĕрентсе кăларассишĕн шкулсем мĕнле кĕрешни çине вырăнти Советсем тата çутĕç органĕсем ситеĕлĕксĕр пăхаççĕ. Нумай шкулсенче ача ашшĕ-амăшĕсен комитечĕсем ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентмелли закона пурнăçлас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Колхоз правленийĕсем, нумай ял Совечĕсем шкул пурнăçĕ çинчен сӳтсе явмаççĕ. Вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем хушшинче педагогика пропагандине ситеĕлĕксĕр туса пыраççĕ.

Çак вĕренӳ çулĕнче пĕр ача та вĕренме ан пăрахтăр тесе, хуласемпе районсенчи Советсен исполкомĕсен, вĕсен çутĕç пайĕсемпе республикăри Çутĕç министерствин кирлĕ мерăсем йышăнмалла. Шкул ачи çичĕ çул вĕренсе тухиччен вĕренме пăрахнă кашни тĕслĕхе шкул руководителĕсен кăна мар, çавăн пекех çутĕç пайĕсен, Советсен исполкомĕсен, мĕнпур общественноçăн питĕ хумхантаракан ĕç вырăнне хакламалла. Ĕçсыннин депутачĕсен вырăнти Совечĕсем шкултан инçетре пурăнакан ачасене лессине организацилеме, пулăшу питĕ кирлĕ ачасене материальнăй пулăшу пама мĕнпур шкулсенче всеобуч фончĕсем тума тивĕçлĕ. Вăрçăра вилнĕ вояксен ачисене, тăлăх ачасене тумтирпе атă-пушмак туянма колхозниксен пулăшу кассисенчен пулăшмалла. Классенче, интернатсенче яланах таса, ăшă пултăр, ачасен учебниксем тата вĕренмелли хатĕрсем ситеĕлĕклĕ пулччăр, шкулта буфет йĕркеллĕ ĕçлетĕр.

Республикăри нумай шкулсенче вĕренӳпе воспитани ĕçĕ çултан-çул лайăхланать. Иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсем çакна кăтартса параççĕ: нумай учительсем иртнĕ çулхисенчен чылай лайăхрах ĕçлеççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем парти халăха вĕрентес ĕçе аталантарма, совет шкулĕн ĕçне лайăхлатма тăрăшнине тепĕр хут уççăн кăтартса пачĕç. Съезд решенийĕсем учительсене хавхалантарчĕç, учительсем çамрăк ăрăва воспитани парассишĕн халăх умĕнче питех те ответлă пулнине лайăхрах ăнланса илчĕç.

Анчах та республикăри шкулсенче вĕренӳпе воспитани ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем пур. Вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман ачасен хисепĕ ку таранччен пысăк-ха. 1952—1953 вĕренӳ çулĕн итогĕсем республикăри шкулсенче пĕтĕмĕшпе, унччен хи вĕренӳ çулĕсенчипе танлаштарсан, вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайманнисен хисепĕ ӳсни çинчен калаççĕ. Уйрăмах Шăхасан, Çĕмĕрле, Красноармейски, Хĕрлĕ Чутай, Первомайски, Тăвай, Шăмăршă, Сĕнтĕр тата Калинино районĕсенче вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайманнисем чылай пулнă.

Хăшпĕр шкулсенче вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман ачасен хисепĕ ытла та пысăк. Сăмахран, Шăхасан вăтам шкулĕнче вĕренекенсенчен 41,9 процент вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман, Красноармейски вăтам шкулĕнче—34 процент, Шăхасан районĕнчи Атнашри çичĕ çул вĕренмелли шкулта—50 процент, Шăхасан районĕнчи Кивĕ Шурăнти пуçламăш шкулта—68 процент, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Саланчăкри пуçламăш шкулта вĕренекенсенчен 68,2 процент вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман, Чурачăк районĕнчи Тĕрерти çичĕ çул вĕренмелли шкулта, Красноармейски районĕнчи Именкассинчи вăтам шкулта, Сĕнтĕр районĕнчи Нискассинчи вăтам шкулта, Советски районĕнчи Мăн Чурашри вăтам шкулта, Тăвай районĕнчи Тĕмерти вăтам шкулта, Тăвай районĕнчи Тăвайри вăтам шкулта тата Етĕрне районĕнчи Чаканарти çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсенчен чылайăшĕ ĕлкĕрсе пырайман.

Уйрăмах вырăс чĕлхипе тата математикăпа начар паллăсем илекен ачасен хисепĕ пысăк. Çакă вăл ку дисциплинăсене вĕрентес ĕçре пысăк ситменлĕхсем пурри çинчен калать. Юлашки çулсенче учительсенчен чылайăшĕ вырăс чĕлхине вĕрентес ĕçĕн идейăлла-теорилле шайне ӳстерчĕç. Апла пулин те республикăри нумай шкулсенче вĕренекенсем вырăс чĕлхине çаплах ситеĕлĕксĕр пĕлеççĕ. Начар паллă илекен кашни виçĕ ачаран иккĕшĕ вырăс чĕлхипе ĕлкĕрсе пыраймасть. Çакна та палăртмалла: вĕренӳре ĕлкĕрсе пыракан ачасенчен нумайăшĕ вырăс чĕлхипе «3» паллă кăна илеççĕ, вĕренекенсен пĕлĕвĕ кирлĕ чухлĕ çук.

Ачасем вырăс чĕлхипе япăх вĕренсе пынин тĕп сăлтавĕ вăл пуçламăш классенчи учительсенчен ытларахăшĕ тата 5—7 классенчи нумай учительсем теори тĕлĕшĕнчен япăх хатĕрленни пулать. Чылай шкулсенче учительсем хушшинче диктант ирттернĕ чухне вĕсенчен сурри «1» тата «2» паллăсем илеççĕ, диктантра 60—70 йăнăш тăвакан учительсем те пур. Паллах ĕнтĕ, çавăн пек учительсем ачасене тĕрĕс çырма вĕрентме пултараймаççĕ. Вырăс чĕлхи вĕрентес ĕçе япăх йĕркеленĕшĕн çутĕç органĕсем, учительсен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институт тата районсенчи педагогика кабинечĕсем те айăплă. Вĕсем вырăс чĕлхи вĕрентес тĕлĕшпе учительсене ситеĕлĕксĕр пулăшаççĕ, ялти учительсен пĕлĕвне ӳстерме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ.

Çутĕç министерстви вырăс чĕлхи вĕрентес ĕçе тематикăлла инспекци туса ирттермест, вырăс чĕлхи вĕрентес ĕçе чĕлхе çинчен вĕрентекен марксисталенинла наука тăрăх улăштарса лайăхлатас тĕлĕшпе мерăсем ситеĕлĕклĕ йышăнман.

Пуçламăш шкулсенче вырăс чĕлхи вĕрентес ĕçе тĕпренех лайăхлатмалла. Çакăн пек тăвас тесен, учительсен, уйрăмах пуçламăш классенче ĕçлекен учительсен пĕлĕвне тăтăшах ӳстерсе пымалла. Шкул директорĕн тата вĕренӳ пайĕн заведующийĕн вырăс чĕлхи преподавателĕн ĕçне çирĕп тĕрĕслесе тăмалла, çутĕç пайĕсен те тăтăшах тĕрĕслемелле, методикăлла учрежденисен вырăс чĕлхи вĕрентекен учительсене методикăлла пулăшу памалла.

Математика вĕрентес ĕçе те çавăн пекех ситеĕлĕксĕр йĕркеленĕ. Çак предмета, уйрăмах пиллĕкмĕш классенче арифметикăпа нумайăшĕ вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймаççĕ. Пĕр класран тепĕр класа куçармалли тата шкултан вĕренсе тухмалли экзаменсем çакна кăтартса пачĕç: Етĕрне районĕнчи шкулсенче пиллĕкмĕш классенче вĕренекенсенчен 25 процент ытла арифметикăпа ĕлкĕреймен. Советски районĕнчи Советски вăтам шкулĕнче пиллĕкмĕш классенче вĕренекен 55 ачаран 44 ача арифметикăпа начар паллă илнĕ. Первомайски районĕнчи Пăлапуç Нурăсри çичĕ çул вĕренмелли шкулта пиллĕкмĕш класра вĕренекен 21 ачаран пĕри те арифметикăпа экзамен тытайман. Тăвай районĕнчи Чӳксырминчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта 21 ачаран 20-шĕ арифметикăпа экзамен тытайман. Шăхасан вăтам шкулĕнче вĕренекен 296 ачаран экзаменсенче 110 ача математикăпа начар паллăсем илнĕ, çак шкулти саккăрмĕш классенче вĕренекен 124 ачаран 71 çын математикăпа экзамен тытайман.

Чылай ачасем математикăпа япăх вĕренсе пыни математика вĕрентекен учительсенчен нумайăшĕн пĕлӳ ситеĕлĕклĕ пулманнинчен килет.

Биологи, физика, хими вĕрентес ĕçре те пысăк ситменлĕхсем пур. Нумай шкулсенче, уйрăмах ялсенче, физика, хими тата биологи кабинечĕсенче оборудовани ситеĕлĕксĕр. Çавăн пирки вара вĕреннĕ вăхăтра программăра палăртнă лаборатори ĕçĕсемпе практикăлла ĕçсене туса ирттермеççĕ.

Математика вĕрентес ĕçе лайăхлатма, çавăн пекех биологи, физика, хими тата ытти предметсене вĕрентес ĕçе лайăхлатма татăклă мерăсем йышăнни кирлĕ.

Вĕренекенсене идея тĕлĕшĕнчен воспитани парас ĕçе ситеĕлĕксĕр туса пыни шкулсен ĕçĕнчи пысăк ситменлĕх пулса тăрать. Чылай шкулсенче нумай предметсене идейăпа теори тĕлĕшĕнчен сӳлĕ мар шайра вĕрентеççĕ. Çав вăхăтрах вĕренекенсене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен воспитани парас ыйтусене Çутĕç министерствинче япăх тĕпчесе вĕренеççĕ, ĕçри опыта ситеĕлĕксĕр пĕтĕçтереççĕ.

Вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман тата пĕр класрах иккĕмĕш çул юлакан ачасен хисепĕ ӳсни вĕрентӳпе воспитани ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем пурри çинчен, Чăваш АССР Çутĕç министерстви тата çутĕç пайĕсем шкулсене ситеĕлĕксĕр ертсе пыни çинчен калать. Чăваш АССР Çутĕç министерстви тата çутĕç пайĕсем шкулсен ĕçне япăх тĕрĕслесе тăраççĕ.

Кашни учителĕн тивĕçĕ вăл вĕренӳ пахалăхне лайăхлатассишĕн тăрăшасси тата вĕренекенсене пурне те вĕренӳре лайăх ĕлкĕрсе пымалла тăвасси пулать. Çавăнпа та вĕренӳпе воспитани ĕçне пĕрмай лайăхлатса пыни, вĕренекен ачасем умне пысăкрах требовани лартни кирлĕ.

Çутĕç пайĕсен тата шкул руководителĕсен учительсен ответлăхне пĕрмай ӳстермелле, вĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăрассине вăйлатмалла. Халăха вĕрентес тĕлĕшпе ĕçлекен мĕнпур работниксем хушшинче государствăпа ĕç дисциплинине кирлĕ пек çирĕплетмелле.

Халăха вĕрентес тĕлĕшпе ĕçлекен мĕнпур работниксем умĕнче çакăн пек задача тăрать: педагогика ĕçне тĕрĕс организацилесе тата методика дисциплинине çирĕп пурнăçласа, шкулсенчи вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн пахалăхне малалла лайăхлатассишĕн, вĕренекенсене çирĕп пĕлӳ парассишĕн, вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман тата пĕр класрах иккĕмĕш çул ларакансен хисепне чакарассишĕн çине тăрса кĕрешмелле.

Партин XIX-мĕш съезчĕ политехникăлла вĕренӳ çинчен йышăннă решенисене пурнăçласа, республикăри шкулсем иртнĕ вĕренӳ çулĕнче хăшпĕр ĕçсем туса ирттерчĕç. Республикăри шкулсенчи кабинетсенче, шкулсенчи опытлă участоксенче лаборатори ĕçĕсем тата практикăлла ĕçсем ирттерессине тимлĕрех пăхма пуçларĕç, класс тулашĕнчи ĕçе активлăрах ирттерме тытăнчĕç. Çакă вăл политехникăлла пĕлӳ парас задачăсене чăннипех тивĕçтерет. Анчах та пирĕн хăшпĕр шкулсем лабораторисемпе, шкул çумĕнчи опытлă участоксемпе япăх усă кураççĕ.

Шкулсенче политехникăлла вĕренĕве, чи малтанах физика, хими, биологи, математика, черчени вĕрентнĕ вăхăтра çине тăрса пурнăçласа пымалла. Политехникăлла вĕренӳ ачасене ӳлĕм практикăлла ĕçре кирлĕ пулакан хăнăхусем памалла, наука никĕсĕсене вĕренес ĕçе шкул ачисен общеcтвăпа усăллă, шкулăн вĕрентӳпе воспитани тĕллевĕсене пăхăнса тăракан ĕçпе çыхăнтарма пулăшмалла.

Шкулсем вĕренӳ планĕсемпе программăсем илчĕç, вĕсене çĕнĕрен пăхса тухнă тата кĕскетнĕ. Учебниксене вăхăтра кăларнă. Саксем пурте вĕренекенсене çирĕп пĕлӳ пама пулăшмалла.

Пурне те вăтам пĕлӳ парас ĕçе тытăнас тĕлĕшпе мерăсем йышăнма хатĕрленнĕ вăхăтрах, Чăваш АССР Çутĕç министерствин учебниксене çĕнĕ программăсем тăрăх урăхлатса çырас ĕçе пуçăнмалла, çак ĕçе 1955 çулта вĕçлемелле.

Шкул ачисене вĕрентес ĕçе лайăхлатнипе пĕрлех воспитани парас ĕçе те пĕрмай аванлатса пымалла. Шкулти пионер организацийĕсен ĕçне лайăхлатасси çине тимлĕ пăхмалла. Правительство çирĕплетнĕ «Вĕренекенсем валли тунă правилăсене» кашни вĕренекен пурнăçлатăр тесе тăрăшмалла, шкулти дисциплинăна пĕрмай лайăхлатса пыни кирлĕ.

Хăй вăхăтĕнче шкултан вĕренсе тухайман çамрăк ĕçсыннисем валли 1943—1944 çулсенче çамрăк рабочисемпе ялсенчи çамрăксен шкулĕсене уçнăччĕ. Çак шкулсенче вĕренекен çамрăксен хисепĕ çултан-çул ӳсет.

Çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсен ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем пур-ха. Ялти çамрăксене вĕрентес ĕçе уйрăмах Элĕк, Ишлей, Калинино, Канаш, Куславкка, Октябрьски, Советски, Сĕнтĕр, Вăрмар, Шупашкар, Чурачăк, Елчĕк районĕсенче япăх организациленĕ. Унта çамрăксене ялти çамрăксен шкулĕсенче вĕрентмелли плана çултан-çул тултарса пымаççĕ.

Кунсăр пуçне, вĕренекенсенчен чылайăшĕ шкултан вĕренсе тухиччен вĕренме пăрахать. 1952—1953 вĕренӳ çулĕнче ялти çамрăксен шкулĕсенче вĕренекенсенчен 31,5 проценчĕ вĕренме пăрахнă. Пăрачкав, Сĕнтĕрвăрри, Йĕпреç, Комсомольски тата Етĕрне районĕсенче те ĕç çавăн пекех пырать.

Вĕренме пăрахасси чылай чухне вĕренме условисем пулманнинчен килет. Сăмахран, Канашри çамрăк рабочисен шкулĕнче вĕренме пăрахнисенчен 27 çын, тĕпрен илсен, вĕренме условисем пулман пирки пăрахнă. Ĕç вăхăчĕ иртнĕ хыççăн ĕçлеттернĕ пирки Улатăрти шкулта 13 çын вĕренме пăрахнă. Çĕмĕрлери çамрăк рабочисен шкулĕнче те çавăн пекех. Унта сĕтел-пукан комбиначĕпе йывăç каскалакан заводри çамрăк рабочисем 92 çын вĕренме пăрахнă.

Çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсен ĕçĕнчи тĕп ситменлĕх вăл — вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн шайĕ çӳлĕ мар пулни.

Çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсен ĕçĕнчи ситменлĕхсем чылайăшĕ çутĕç органĕсем ситеĕлĕксĕр ертсе пынинчен килеççĕ.

Вырăнти Советсен тата çутĕç пайĕсен çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсем çине тимлĕн пăхмалла. Промышленность предприятийĕсемпе колхоз руководителĕсен вĕренекен çамрăксене производствăра ĕçленĕ вăхăтра шкулта ăнăçлă вĕренсе пыма кирлĕ условисем туса памалла. Çав шкулсене вĕренӳре кирлĕ пулакан оборудованипе пуянлатма, вĕсен материальнăй никĕсне çирĕплетме, вĕсем валли ĕçта учительсем уйăрса пама тăрăшмалла. Республикăра çитĕннĕ çынсем хушшинче хут пĕлменлĕхе пĕтерес тата хут сахал пĕлекен çынсене вĕрентес ĕç çаплах ситеĕлĕксĕр пырать-ха.

Иртнĕ çул хут пĕлмен 1 407 çынна тата хут сахал пĕлекен 2.455 çынна вĕрентнĕ. 1953 çул пуçламăшĕ тĕлне республикăра хут сахал пĕлекеннисем 5.618 çын, хут пĕлменнисем 14.838 çын шугланнă. Хут пĕлменнисене тата сахал пĕлекеннисене вĕрентесси кăсал та начар пырать. Уйрăм район исполкомĕсем хут пĕлменлĕхе пĕтересси çине тимлĕ пăхмаççĕ. 1951 тата 1952 çулсенче Ишлей, Шупашкар, Чурачăк районĕсенче хут пĕлменнисене 5—6-шар çын кăна вĕрентнĕ. Тăвай районĕнче вара çак вăхăт хушшинче пĕр çынна та вĕрентмен. Ишлейпе Тăвай районĕсенче 1952 çулта хут пĕлменнисене вĕрентмелли плана 3 процент кăна тултарнă. Октябрьскипе Шупашкар, Хĕрлĕ Чутайпа Калинино районĕсенче те ĕçсем çавăн пекех тăраççĕ. 1951 тата 1952 çулсенчи бюджетсем тăрăх çитĕннисем хушшинче хут пĕлменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе расходлама пăхса хунă 863 пин тенкĕрен пурĕ те 268 пин тенкипе кăна усă курнă. Çак ĕçсем валли уйăрса паракан укçа-тенкĕпе кăçал та ситеĕлĕксĕр усă кураççĕ.

Халăха вĕрентес тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăна пурнăçласси—кадрсене тĕрĕс суйласа илсе вырнаçтарса тухнинчен тата воспитани панинчен килет. Учительсемпе шкулсенчи ертсе пыракан кадрсен йышĕ çултан-çул лайăхланса пырать.

Халăх хушшинчен пысăк квалификациллĕ педагогика кадрĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе пирĕн республикăра Чăвашсен государство педагогика институчĕ тата Канашри учительски институт ĕçлеççĕ. Вĕсем кашни çул çĕршер çамрăк специалистсем вĕрентсе кăлараççĕ. Апла пулсан та пысăк квалификациллĕ специалистсем çаплах ситеĕлĕксĕр-ха. Учительсем хатĕрлес ĕçре пысăк ситменлĕхсем пур. Педагогика училищисенче те вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайманнисем тĕл пулаççĕ. Чăваш АССР Çутĕç министерстви педагогика училищисенчи вĕрентӳпе воспитани ĕçне кирлĕ пек тĕрĕслесе тăмасть, вĕсене инспекци тăвасси ситеĕлĕксĕр пырать.

Учительсен кадрĕсене хатĕрлес ĕç çавăн пекех тата заочнăй йĕркепе пулса пырать. Анчах та кирлĕ чухлĕ пĕлӳ илмен нумай учительсене çаплах заочнăй вĕренĕве хутшăнтарса çитермен-ха. Çутĕç министерстви тата учительсен пĕлĕвне хăпартас енĕпе ĕçлекен институт учительсене вĕрентмелли плана пурнăçлассишĕн начар тăрăшаççĕ.

Шкулсен, ача çурчĕсен, ача сачĕсен руководителĕсен йышĕ çултан-çул лайăхланса пырать. Апла пулсан та Чăваш АССР Çутĕç министерстви шкулсен ертсе пыракан кадрĕсене тĕреклетес тĕлĕшпе мĕн кирлине пурне туса çитереймен-ха. Çичĕ çул вĕренмелли чылай шкулсенче директорсем пулса аслă шкулсенчен вĕренсе тухман çынсем ĕçлеççĕ. Çутĕç министерстви кадрсене суйласа илесси çине çиелтен пăхнă пирки уйрăм вăтам шкулсемпе çичĕ çул вĕренмелли шкулсене тата ача çурчĕсене тивĕççĕр çынсем ертсе пыраççĕ.

Çутĕç министерствин ĕçĕнчи пысăк ситменлĕх вăл, çавăн пекех тата, учительсемпе воспитательсен кадрĕсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухманни, учительсене кирлĕ мар çĕртенех пĕр шкултан тепĕр шкула куçарни пулса тăрать.

Партипе правительство халăх учителĕшĕн куллен тăрăшаççĕ. СССР Министрĕсен Совечĕ 1948 çулхи февралĕн 10-мĕшĕнче ялти шкулсенче ĕçлекен учительсене çăмăллăхсем парасси çинчен ятарласа постановлени йышăнчĕ. Çак постановленине пурнăçласа, республикăра 1948 — 1952 çулсенче учительсем валли çĕре яхăн пурăнмалли çурт туса лартнă. Учительсем валли çуртсем тăвас ĕç Чкаловски тата Улатăр районĕсенче лайăх пырать. Нумай районсенче учительсене тӳлевсĕр хваттерсем уйăрса параççĕ, вĕсен хваттерĕсене ăшăтма вутă, çутатма краççин ситеĕлĕклĕ уйăрса параççĕ.

Анчах та уйрăм райисполкомсемпе ял Совечĕсем правительство учительсем çинчен йышăннă постановление начар пурнăçлаççĕ. Элĕк, Вăрнар, Калинино, Хĕрлĕ Чутай, Вăрмар, Çĕмĕрле районĕсенче учительсем валли çуртсем тумалли плана тултармаççĕ. Çĕрпӳ районĕнчи Çĕнъял, Шĕнер, Первомайски, Тавăшкасси ял Совечĕсенче учительсем валли вутă тата краççин çултан-çул йĕркеллĕ уйăрса памаççĕ. Çĕрпӳ райисполкомĕ правительство учительсене çăмăллăхсем парасси çинчен йышăннă постановление пурнăçлама кирлĕ мерăсем йышăнмасть.

Çакнашкал фактсем вĕсем вырăнти хăшпĕр Советсем учительсен ыйтăвĕсем çине тимсĕр пăхни çинчен калаççĕ. Райисполкомсемпе ял Совечĕсен задачи вăл— учительсене ĕçлеме йĕркеллĕ условисем туса парассишĕн тăрăшасси пулать.

Правительство çĕнĕ шкулсем, ача çурчĕсем тата ача сачĕсем уçма, вĕсене юсама, хуçалăх тата вĕрентӳ оборудованийĕ туянма çултан-çул укçа-тенкĕ нумай уйăрса парать. Юлашки виçĕ çул хушшинче пирĕн республикăра бюджетран уйăрса панă укçапа тата ведомствăсен укçипе çĕнĕрен 12 шкул çурчĕ туса лартнă. Кунсăр пуçне колхоз общественноçĕн пусăрăвĕпе çак вăхăт хушшинче 163 класс валли 51 çурт туса лартнă.

Хальхи вăхăтра Кӳкесре, Тĕрлемесре, Энтриялĕнче вырăнти бюджет шучĕпе шкулсем, Шупашкарта—союзлă министерство шучĕпе çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкул тăваççĕ.

Анчах та çакна палăртни кирлĕ: райсоветсемпе хула Совет исполкомĕсем тата уйрăм ведомствăсем шкулсемпе ача сачĕсем тăвас ĕçе вăраха тăсса пыраççĕ. Часчасах шкул çурчĕсене начар юсаççĕ.

Республикăри чылай шкулсен типовăй çуртсем çук, вĕсем начар çуртсене вырнаçнă. Çав вăхăтрах шкул çурчĕсем тума государство уйăрса паракан укçа-тенкĕпе начар усă куратпăр. Куславкка, Вăрмар, Шупашкар, Çĕмĕрле райсовет исполкомĕсем шкулсем тăвас ĕçе ситеĕлĕксĕр ертсе пыраççĕ. Шупашкар хулинчи Чапаевски поселокра та шкул çурчĕ тăвас ĕç начар пырать.

Шкулсене юсас ĕç те начар пырать. Кăçал 268 шкул çуртне тĕпрен юсама тата 560 шкул çуртне юсас тĕлĕшпе сийĕнчех тумалли ĕçсене палăртнăччĕ. Сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне шкул çурчĕсене юсас тĕлĕшпе сийĕнчех тумалли ĕçсен планне тултарнă. Анчах чылай районсенче шкулсене тĕпрен юсамалли плана тултарман.

Эпир кашни çул çĕнĕрен вăтам шкулсем уçатпăр. Кăçал çичĕ çул вĕренмелли 7 шкултан вăтам шкул туса хунă. Ситес çул çĕнĕрен 26 вăтам шкул уçма палăртнă. Анчах, калас пулать, çĕнĕрен уçакан вăтам шкулсен оборудовани тата çуртсем ситеĕлĕксĕр. Çав вăхăтрах уйрăм райисполкомсем шкулсене оборудовани тăратас, библиотекăсене пуянлатас ĕç çине кирлĕ пек пăхмаççĕ. Çавна пула бюджет тăрăх çак ĕçсем валли уйăрса паракан укçатенкĕ усă курмасăр юлать. Райисполкомсен çĕнĕрен уçакан вăтам шкулсем валли çуртсем лартса парас тата оборудовани ситеĕлĕклĕ уйăрса парас ĕçсем çине тимлĕн пăхас пулать.

Шкулсен ĕçĕнче интернатсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Çав вăхăтрах 1952 çулта интернатсем уçмалли плана тултарман. Интернатсем уçас ĕç кăçал та начар пырать. Елчĕк, Шăхасан, Шăмăршă, Шупашкар тата ытти хăшпĕр районсенче ку таранччен интернатсем уçман.

Шкулсенчи мĕнпур интернатсене йĕркене кĕртме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла. Çакна асра тытас пулать: ялти шкулсенче пурне те обязательнăй йĕркепе çичĕ çул вĕрентессине пурнăçласси, чылай енчен, интернатсем пулнинчен килет.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче Красноармейски, Елчĕк, Чурачăк тата ытти хăшпĕр районсенчи уйрăм шкулсем валли вĕренӳ çулĕ пуçланиччен вутă ситеĕлĕклĕ хатĕрлесе хуман пирки, вĕсем хĕлле йĕркеллĕ ĕçлеме пултарайман. Уйрăм райисполкомсемпе шкулсен руководителĕсем иртнĕ çулхи йăнăшсенчен тивĕçлĕ вывод туман, шкулсене çĕнĕ вĕренӳ çулне вăхăтра хатĕрлесе ситерес тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнман. Çутĕç министерствипе райсовет исполкомĕсен шкулсен материальнăй тата хуçалăх никĕсне лайăхлатас тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнмалла.

Çак задачăсене пурнăçласси, чылай енчен, шкулсемпе ача çурчĕсене вăхăтра укçа-тенкĕ парса тăнинчен килет. Эпир кашни çул халăха вĕрентес ĕçе укçа-тенкĕ уйăрса парасси ӳссе пынă пирки савăнатпăр. СССР тата РСФСР Верховнăй Совечĕсен нумаях пулмасть пулса иртнĕ сессийĕсем халăха вĕрентес ĕç валли иртнĕ çулхипе танлаштарсан укçа-тенкĕ уйăрса парассине çĕнĕрен ӳстерме палăртса хучĕç. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ, СССР тата РСФСР Верховнăй Совечĕн сессийĕсем йышăннă законсем тăрăх, халăха вĕрентес ĕç валли 192 миллион тенкĕ укçа уйăрса пама палăртать. Республика бюджетĕнче халăха вĕрентес ĕç валли уйăрса паракан укçа-тенкĕ 35 процент йышăнса тăрать. Вăрçăччен хи 1940 çулхипе танлаштарсан, республикăра халăха вĕрентес ĕç валли укçа-тенкĕ уйăрса парасси икĕ хут ытла ӳснĕ.

Анчах та бюджет тăрăх уйăрса панă укçа-тенкĕпе çаплах туллин усă кураймастпăр-ха. 1952 çулта 4 миллион тенкĕ ытла усă курмасăр юлнă. Вăл шутран вĕрентӳ тата хуçалăх оборудованийĕ, çавăн пекех литература туянма уйăрса панă 380 пин тенкĕ укçапа усă курман.

Çак укçа-тенкĕпе усă курасси кăçал та ситеĕлĕксĕр пырать. Çавăн пекех 1953 çулхи çичĕ уйăх хушшинче вĕрентӳ тата хуçалăх оборудованийĕ туянма уйăрса панă 381,5 пин тенкĕ укçаран 215 пин тенкипе кăна усă курнă.

Партин XIX-мĕш съезчĕ шкулсем умне кăларса тăратнă пысăк та ответлă задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, Çутĕç министерстви, ĕçсынни депутачĕсен районсемпе хула Совет исполкомĕсем, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ енчен халăха вĕрентес ĕçе ертсе пырассине татăклăн лайăхлатни кирлĕ.

Анчах та халăха вĕрентес ĕçе Çутĕç министерстви, районсемпе хула Совечĕсем, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çаплах ситеĕлĕксĕр ертсе пыраççĕ-ха. Çутĕç министерствин ĕçĕсене Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă чылай постановленисенче тата КПСС обкомĕн решенийĕсенче тивĕçлипе хак панă ĕнтĕ. Чăваш АССР Çутĕç министерстви çав кăтартусене пурнăçлас тĕлĕшпе тума кирлисене туса çитереймен-ха.

Министрсен Совечĕн халăха вĕрентес ĕçшĕн вырăнти Советсен руководителĕсен ответлăхне татăклăн ӳстермелле. Уйрăм советсен председателĕсем шкулсенче пулмаççĕ, вĕсенче ĕçсем мĕнле пынине, учительсем мĕнле условисенче ĕçлесе пурăннине пĕлмеççĕ. Çакнашкал ситменлĕхсемпе килĕшме çук.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тăрăх ĕçлесе, хула Совет исполкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен, ял тата поселок Совечĕсен, Чăваш АССР Çутĕç министерствипе уйăн вырăнти органĕсен шкулсен ĕçне лайăхрах ертсе пымалла, çапла вара Совет шкулĕн ĕçне пур енчен те лайăхлатмалла.

# Германири Коммунистсен партийĕн центральнăй правленийĕн секретариачĕ Хĕвеланăç Германири суйлав çинчен пĕлтерни

БЕРЛИН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Дюссельдорфран пĕлтернĕ тăрăх, Германири Коммунистсен партийĕн центральнăй правленийĕн секретариачĕ бундестаг суйлавĕн результачĕсем пирки заявлени пичетлесе кăларнă.

Германири Коммунистсен партийĕн центральнăй правленийĕн секретариачĕ, Макс Рейман юлташ председатель пулса ертсе пынипе, 1953 çулхи сентябрĕн 7-мĕшĕнче бундестаг суйлавĕн результачĕсене сӳтсе явнă.

«Партипе халăхăн тăшманĕсем пирĕн парти членĕсене суйлав умĕнхи ĕççене иртнĕрнĕ чухне терроропа хĕсĕрленĕ, митингсене салатса яма тăрăшнă, парти членĕсем çине тапăннă, пĕсене амантса пĕтернĕ. Фашистсен террористла вăрăхурахĕсем Фульд хулинче Отто Мюллер юлташа хĕнесе вĕлернĕ пирки парти чĕререн хурланать. Парти членĕсене нумайăшне йывăр амантнă.

Ку вăл 1933 çулхи фашистла диктатурăн чи тискер вăхăчĕсене аса илтерекен суйлав кĕрешĕвĕ пулнă.

Пирĕн партин паттăр та хăюллă членĕсем çак террор умĕнче тӳссе тăчĕç кăна мар тата социал-демократсемпе, çавăн пекех партире тăман рабочисемпе пĕрлĕхлĕ пулса вĕсем тапăннине сирсе ячĕç».

«Хĕвеланăç Германи халăхĕ,—тенĕ малалла заявленире,—пирĕн халăхшăн тата пирĕнпе кӳршĕллĕ халăхсемшĕн пысăк хăрушлăх пулса тăракан бундестаг суйланă. Çак бундестаг Хĕвеланăç Германире Бонн тата Париж çар договорĕсене пурнăça кĕртсе пырĕ. Çак политикăна пурнăçлани Германие пĕрлештерме май памасть, вăл Европăра мире тӳрех хăратса тăрать.

Хĕвеланăç Германи халăхĕн сентябрĕн 6-мĕшĕнче йышăннă решенирен малашне тухса тăма пултаракан ĕçсене лайăх пĕлсе тăрас пулать. Халĕ суйланă бундестаг кивĕ бундестагран темиçе хут начартарах. Çĕнĕ бундестагра мĕнпур ĕçе монополилле капиталпа банксен капиталĕн вăйĕсем, милитаристсем, фашистсем, реваншă политики тытса пыракансем тытса параççĕ. Вĕсем пирĕн халăха икĕ хутчен ĕнтĕ катастрофа патне илсе çитерчĕç, халĕ вĕсем çак ĕçе виççĕмĕш хут туса иртерме хатĕр.

Шел пулсан та, Хĕвеланăç Германи халăхĕ пирĕн партин председателĕ Макс Рейман: «Кам Аденауэра суйлать, вăл вăрçа суйласа илет!» тесе асăрхаттарса каланисене шута илмерĕ».

Заявленире çапла каланă: пĕтĕм нимĕç халăхĕ, уйрăмах рабочи класс татăклăн хирĕç тăнипе кăна çак реакцилле бундестагăн ĕçĕсене тата унăн «çĕршывра тата унăн тулашĕнче вăй пуç пулса тăмалла текен политикине» чăрмантарма пулать».

«Бундестаг суйлавĕ пулса иртнĕ хыççăн тепĕр кунне,—тенĕ заявленире,—Аденауэр хăйĕн политикин чăн-чăн пĕлтерĕшне кăтартса пачĕ, вăл çапла каларĕ: суйлавçăсем ăна Бонн тата Париж договорĕсене пурнăçлама право панă имĕш. Бонн тата Париж договорĕсене пурнăçланипе Хĕвеланăç Германи тежех мире юратакан государство пулма пăрахать. Тĕнчери мире юратакан халăхсем Аденауэрăн Хĕвеланăç Германири агрессилле политикипе килĕшес çук. Вĕсем «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» текен политикăна тĕрĕслесшĕн хăйсен хăрушсăрлăхне хăратса тăракан политика вырăнне хураççĕ. Мире юратакан халăхсем хăйсен çĕршывĕсенче Америкăн вăрçă политикине пурнăçлассине хирĕç татăклăн та ăнăçлăн чăрмантарса пырĕç, вĕсем пĕрлĕхлĕ, мире юратакан, демократиллĕ, никама пăхăнса тăман Германи туса хума пулăшассине вăйлатĕç».

Германири Коммунистсен партийĕн ĕçĕсем пирки заявленире çапла каланă: суйлав результачĕсенчен Коммунистсен партийĕ халăхăн паллă сийĕ хушшинче тытăнса тăракан фашистла идеологи юлашкисене, национализма, шовинизма çĕнтерме тата чăннипех демократиллĕ наци ăнланăвĕ туса хума халлĕхе вăй çитерейменни паларчĕ.

«Пирĕн парти мире сыхласа тăрас тата Германие мирлĕ майпа пĕрлештерес ĕçре Совет Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республики пысăк вырăн йышăнса тăнине ĕненмелле ăнлантарса пама пултараймарĕ. Суйлав кĕрешĕвĕ çакна кăтартса пачĕ: нумай çынсем пирĕн партин политики çинчен пирĕн тăшмансен сăмахĕсем тăрăх палласшăн. Тăшмансем вара çак политикăна пăсса кăтартаççĕ».

«Германири социал-демократсен партийĕн правленийĕ пĕрмаях никĕленсе тăнипе, пĕр çул тытса пыманни, яланах Аденауэрăн агрессиллĕ политикине пăрăнса пыни çынсене пăтраштарса ячĕ... Германири социал-демократсен партийĕн руководстви коммунизма хирĕç пыни реакцие, агрессиллĕ империалистсен вăйĕсене пулăшса пынине пĕлтерет. Çакна истори тепĕр хут кăтартса пачĕ.

Нимĕç рабочи класĕн, мĕнпур социал-демократсемпе патриотсен çавăнтан чăннипех пысăк урок тумалла: коммунистсене хирĕç элекленине пĕтермелле! Совет Союзне хирĕç элекленине пĕтермелле! Демократиллĕ Германи Республикине хирĕç элекленине пĕтермелле! Аденауэра хирĕç пыракансен çĕнĕ, фашистла террористсем ӳсĕ пулса тăнине хирĕç пурин те пĕрлешсе кĕрешмелле!»

Юлашкинчен заявленире çапла каланă: «Сентябрĕн 6-мĕшĕнчи суйлав результачĕсем Германие Европăри ĕçсене сăмăллатмаççĕ кăна мар, тата ытларах йывăрлатаççĕ. Суйлав результачĕсем Германие мирлĕн пĕрлештерессине йывăрлатаççĕ. Çавăнпа та пирĕн халăхăн пĕрремĕш задачи вăл Германи ыйтăвне мирлĕн татса парас тĕллевпе нимĕçсем хушшинче тата тăватă аслă держава хушшинче килĕшӳ тăвассишĕн кĕрешессине вăйлатасси пулать. Германие демократиллĕ никĕс çинче хăвăртрах пĕрлештермелли çул çинче тумалли кирлĕ утăм вăл пĕтĕм Германин вăхăтлăх правительствине туса хурасси пулать. Унăн тĕп задачи вăл пĕтĕм Германире ирĕклĕ суйлав иртterме хатĕрленесси тата çав суйлава иртересси пулать.

Хальхи реакциллĕ бундестаг ĕççыннисене хирĕç пыракан политикăна вăйлатать. Çак реакциллĕ бундестаг нимĕçсен мирлĕ экономикин ыйтăвĕсене татса парас çук. Пачах урăхла, хуларипе ялти ĕççыннисен анлă сийĕсен пурнăçĕ тата та ытларах начарланать. Рабочи класăн хăйĕн социальнăй тата демократиллĕ прависене хӳтĕлессишĕн кĕрешмелле, Аденауэрăн халăха хирĕçле политикине хирĕç кĕрешессине вăйлатмалла.

Пирĕн халăхшăн çакăн пек пысăк хăрушлăх тухса тăнă вăхăтра Германири Коммунистсен партийĕн правленийĕн секретариачĕ мĕнпур коммунистсене халех социал-демократсемпе, христиансемпе, партире тăман юлташсемпе сыхăну тытма тата вĕсемпе пĕрле пирĕн халăхăн нациллĕ, демократиллĕ, социальнăй интересĕсене хӳтĕлес тĕлĕшпе туса иртермелли ĕçсем çинчен сӳтсе явма чĕнет.

Халĕ ĕнтĕ парти ретĕсене тата тачăрах пĕтĕçтермелле, массăсемпе тата тачăрах сыхăну туса хумалла.

Террора пăхмасăр, 9 миллион çын Аденауэрăн агрессиллĕ вăрçă политикине йышăнмарĕ. Çак 9 миллион çын вăл пысăк вăй пулса тăрать.

Анчах та çурмалла ĕçсем тăвассине тата иккĕленсе тăрассине пĕтермелле, Аденауэра хирĕç пыракан мĕнпур вăйсене пĕрлештермелле. Вĕсен Аденауэра хирĕç тăмалла, ăна Германи пурнăçĕшĕн хăрушлăх пулса тăракан политикăна пурнăçлама памалла мар. Уйрăмах суйлав кĕрешĕвĕ вăхăтĕнче Аденауэра хирĕç хуласенче, ялсенче тата предприятисенче кĕрешнĕ тата пĕр-пĕрне лайăх пĕлсе çитнĕ социал-демократсемпе коммунистсен тата тачăрах пĕрлешни, рабочи класăн мĕнпур вăйĕсене активлантарса пыни кирлĕ. Аденауэра хирĕç тăракансен, мире юратакан тата патриотла мĕнпур нимĕçсен, ултавпа ирттернĕ суйлав результачĕсем пирки иккĕленсе тăмалла мар. Халĕ ăнлантару ĕçне вăйлатни кирлĕ. Нимĕç халăхне хăйĕн умĕнче тăракан пысăк задачăна—Германие мир çулĕ çине тăратас тата агресси вăйĕсене çĕмĕрсе тăкас тĕлĕшпе тăракан задачăна—пурнăçлассишĕн тăракан ответлăхран никам та хăтарма пултараймасть. Халăхăн çакна тума вăй çителĕклĕ пулать. Çакăн пек тăвас тесен, унăн мĕнпур патриотсене тата Аденауэра хирĕç пыракан вăйсене пĕрлештерессишĕн хăюллăн кĕрешмелле, демократиллĕ Германин тĕрекĕ пулса тăракан Демократиллĕ Германи Республикипе пĕрле, пĕтĕм Германишĕн халех вăхăтлăх правительство туса хума татăклăн кĕрешмелле. Вара эпир агрессиллĕ фашизмла вăйсене çăварлăхлăпăр, пĕтĕм Германири демократиллĕ вăйсем пĕрлешĕç, демократи пулса тăрĕ, мире юратакан мĕнпур халăхсемпе килĕшӳ тума çул уçăлĕ, çавăн чухне вара Германи халăхсен аслă çемйине мире юратакан аслă держава пулса кĕрĕ».

# Хĕвеланăç Германири суйлав хыççăн

**Берлинри демократиллĕ хаçатсем суйлав çинчен**

БЕРЛИН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ хаçатсем Бонран илнĕ пĕлтерӳсенче те, редакцирен çыракан статьясенче те бундестаг суйлавне хатĕрленсе иртересси халăха хăратнипе тата террор тунипе, ют çĕршыв оккупанчĕсем тӳрех хĕсниипе тата шалти ĕçе хутшăннипе пулнине паллă тăваççĕ. Бонн бундестагĕн суйлавĕ çинчен нимĕçсен демократиллĕ хаçачĕсем «Хĕвеланăç Германире Америка иртернĕ суйлав» тесе çыраççĕ.

«Нейес Дейчланд» хаçат: «Хĕвеланăç Германире чи начар йышши бундестаг суйласа хунă», тесе çырать. Çакăнна пĕрлех вăл фашизмпа реваншизм хăрушлăхĕ вăйланнине палăртать.

Хĕвеланăç Германишĕн, тесе çырать «Нейес Дейчланд», хăрушă хару-тăру пулса тăчĕ, мĕншĕн тесен Аденауэр ушкăнĕ вăл милитаризмпа реваншизм штабĕ пулса тăрать. Нимĕн иккĕленмелли те çук, Америкăри хĕçпăшал хуçисемпе Хĕвеланăç Германири реваншистсем, çар промышленникĕсемпе пĕрле, çак суйлавпа усă курса, Хĕвеланăç Германирен хăвăртрах тĕнчери çĕнĕ вăрçă валли çар плацдармĕ туса хума тăрăшĕç.

Хаçат çырнă тăрăх, Аденауэршăн панă сасăсене инепле те суйлавçăсем милитаризм тата вăрçă политикипе килĕшни вырăнне хурса шутлама юрамасть.

Германири христианла-демократсен союзĕн центральнăй органĕ «Нейе цейт» бундестаг суйлавĕ çинчен пĕлтернине «Америкăри пек иртнĕ суйлав» текен заголовокпа пичетлесе кăларнă.

# Хĕвеланăç Германири суйлав итогĕсем

БЕРЛИН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германири ДПА агентстви бундестаг суйлавĕн татăклă результачĕсем çинчен пĕлтерет.

Çак сведенисем тăрăх, Аденауэр ертсе пыракан парти — христианла-демократсен союзĕпе христианла социалистсен союзĕ—244 мандат илнĕ, социал-демократсен партийĕ — 150 мандат, правительство блокне кĕрекен «демократиллĕ ирĕклĕ парти» текен реакциллĕ-буржуалла парти—48 мандат, Бонн коалицине кĕрекен «нимĕçсен партийĕ» текен националистла парти 15 мандат, «пĕтĕмĕшлĕ Германи блокĕ» (куçса пынă нимĕçсен партийĕ)—27 мандат, католикла буржуазин «центр партийĕ»—3 мандат илнĕ. Пĕтĕмпе 487 депутат суйланă.

Боннра туса хатĕрленĕ суйлав законĕ тăрăх, бундестага 484 депутат суйламалла пулнă. Анчах та çак пăтранчăк суйлав законĕ тăрăх суйлав пынă вăхăтра депутатсен шутне ӳстерме те май пулнă. Çакна май сасăсене шутланă чухне бундестага суйланă депутатсен йышне 487 çынна çитерме йышăннă. Çак виçĕ вырăнтан 2 вырăна Аденауэр партийĕ, пĕр вырăна—«нимĕçсен партийĕ» илнĕ.

### ГЕРМАНИ ХРЕСЧЕНĔСЕМ ОТТО ГРОТЕВОЛЬ ПАТНЕ ЯНĂ САЛАМЛА ÇЫРУ

БЕРЛИН, сентябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Бауэрн эхо» хаçат паян Германири демократилле хресченсен партийĕн 3-мĕш съезчĕн делегачĕсем премьер-министр Отто Гротеволь патне янă саламлă çырăва пичетлесе кăларнă.

Эпир, делегатсем, тенĕ çырура, эсир чĕререн саламланă май, сире Совет Союзĕпе килĕшӳ ăнăçлă тунăшăн тав тăватпăр. Çак килĕшӳ тата Совет Союзĕн нотти пирĕн валли сутă малашлăх уçса параççĕ.

Совет Союзĕ пире тăванла пулăшнăшăн эпир ăна чĕререн тав тума тивĕçлĕ. Çакă вăл пире Демократиллĕ Германи Республики правительствин çĕнĕ политикине пурнăçлас тĕлĕшпе пĕтĕм вăя хурса кĕрешме хушать.

Юлашкинчен çырура съезд делегачĕсем пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ Германи туса хурассишĕн, рабочи класпа хресченсем хушшинчи союза вăйлатса тĕреклетессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме пулни çинчен каланă.

### БЕРЛИНРА СЫВЛĂШРИ ХĂРУШСĂРЛĂХ ЫЙТĂВĔ ТĂРĂХ ПУЛНА ТĂВАТĂ ДЕРЖАВА ПРЕДСТАВИТЕЛĔСЕН ЛАРĂВĔ ÇИНЧЕН ПĔЛТЕРНИ

БЕРЛИН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Сентябрĕн 7-мĕшĕнче совет администрацийĕн Берлинри суртĕнче сывлăшри хăрушсăрлăх ыйтăвĕсем тăрăх Совет Союзĕн, Америка, Англи, тата Франци çар влаçĕсен 9-мĕш ларăвĕ пулса иртнĕ.

Совет делегацине авиаци генерал-лейтенанчĕ Полгорный, Америка делегацине—авиацин бригаднăй генералĕ Биз, Британи делегацине — авиаци вице-маршалĕ Эдвардс-Джонс, Франци делегацине—авиацин дивизи генералĕ Монтреле ертсе пынă.

Ларура самолетсене вĕçсе çӳреме хăрушсăрлăх туса хурас тĕлĕшпе çыхăнса тăракан ыйтусене малалла пăхса тухнă. Ларура тăватă делегаци самолетсене сывлăшра çӳренĕ чухне пĕр-пĕрне сигнал памалли çĕнĕ система çинчен тăратнă чылай сĕнӳсене пăхса тухнă. Техникăлла экспертсен ĕç ушкăнне хăйĕн ĕçне малалла туса пырас тĕлĕшпе кирлĕ кăтартусем панă.

Çитес лару Берлинра Америка çар администрацийĕн суртĕнче пулать. Лару пухăнмалли вăхăт çинчен каярахпа палăртаççĕ.

### КУБАРИ ТЕРРОР

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Пренса Континенталь агентствин корреспонденчĕ Гаванăран (Куба) генерал Батист правительстви полицилле репрессисене вăйлатни çинчен пĕлтерет. Пĕлтерӳре каланă тăрăх, полици халăхăн социалистла партийĕн членĕсем çине хыттăн тапăнать. Çĕршывра полици çĕршер коммунистсен килĕсене пырса ухтарнă. Çак партин чылай членĕсене тĕрмесене хупса лартнă. Çавăн пекех халăх партийĕпе Кубари революцилле партин членĕсене нумай арестленĕ. (Революцилле парти текен парти вăл буржуалла парти пулса тăрать, вăл правительствăна хирĕç пырать).

Çакăнпа пĕрлех Батист правительстви рабочисен ĕç укçине чакарма тăрăшать. Ĕç укçине чакарнă хыççăн нумаях пулмасть чугун çул çинче ĕçлекен çĕршер рабочие ĕçрен кăларнă. Нуринчен ытла малта пыракан рабочисене, уйрăмах коммунистсене ĕçрен кăлараççĕ.

### ФРАНЦИРИ ЗАБАСТОВКА

ПАРИЖ, сентябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Гаврта 28-мĕш кун ĕнтĕ забастовка пырать. Забастовкăна 8.000 металлург тата 6.500 строитель хутшăннă. Забастовка тăвакансем ĕç укçи ӳстерме ыйтаççĕ.

### АНГЛИПЕ ГРЕЦИ ÇАРĔСЕН ПĔРЛЕХИ МАНЕВРĔ

ЛОНДОН, сентябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви çапла пĕлтерет: Англин тинĕс-çар министерстви ĕнер Грецин хĕвелăнăçĕнчи çыранĕсенче Англипе Грецин çĕр çинчи çарпа тинĕс-çар вăйĕсен пĕрлехи маневрĕ пуçланни çинчен пĕлтернĕ.

# Болгарие Совет Çарĕ ирĕке кăларнăранпа 9 çул тултарнине уявлани

СОФИЯ, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Сентябрĕн 8-мĕшĕнче София хулинчи халăх театрĕнче, Болгарие Совет Çарĕ фашистсенчен ирĕке кăларнăранпа 9 çул тултарнă ятпа, савăнăçлă пуху пулса иртнĕ. Пухура столицăри ĕççыннисем, Социализмла Ĕç Геройĕсем, Димитровла премии лауреачĕсем, Халăх çарĕн представителĕсем, наука, литература тата искусство деятелĕсем, Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсен дипломатиллĕ представителĕсем пулнă.

Пухура Болгари Министрĕсен Совечĕн председателĕ Вылко Червенков пысăк доклад туса панă.

Пухура пулнисем Вылко Червенков доклад тунă вăхăтра Совет Союзĕпе КПСС тата Болгарири Коммунистсен партийĕ ячĕпе темиçе хутчен те алă çупнă.

Пуху пысăк çĕкленӳпе КПСС Центральнăй Комитетне салам яма йышăннă.

СОФИЯ, сентябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Болгари столицинчи ĕççыннисем, 300 пин çынна яхăн, Совет Çарĕсем Болгарие фашистла чуралăхран хăтарнăранна 9 çул çитнĕ ятпа иртернĕ демонстрацие хутшăннă.

Сентябрĕн 9-мĕшĕ ятлă площадьре транспарантсемпе тата Болгарие ирĕке кăларнă аслă Совет Союзĕпе унăн геройла çарне саламласа çырнă плакатсемпе илемленĕ.

Çар парачĕ пуçланас умĕн Георгий Димитров мавзолейĕн трибуни çине Болгари Министрĕсен Совечĕн председателĕ Вылко Червенков, Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсем, Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕсем, Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем, массăллă, политикăлла тата обществăлла организацисен руководителĕсем, Болгари Халăх çарĕн генералĕсем хăпараççĕ. Трибуна çинче çавăн пекех Совет Союзĕн Болгарири послĕ М. Ф. Бодров тата дипломатиллĕ корпус членĕсем пулнă.

Парада София гарнизонĕнчи çарсем тухнă.

Ун хыççăн демонстраци пуçланнă. Вăл темиçе сехете пынă.

Çавăн пек демонстрацисем Пловдивра тата ытти хуласенче те пулса иртнĕ

# Демократиллĕ Корея Халăх Республикин конституцине йышăннăранпа 5 çул тултарни

ПХЕНЬЯН, сентябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Верховнăй Халăх Пухăвĕ конституци йышăннăранпа ĕнер 5 çул тултарчĕ. Конституци çĕршывăн сурçĕр пайĕнче пулса тăнă халăх демократи режимне закон йĕркипе çирĕплетнĕ.

Центральнăй хаçатсем редакцирен çырнă статьясем пичетлесе кăларнă. «Нодон синмун» хаçат «Республика конституцийĕ—чăн-чăн халăх конституцийĕ» текен статьяра çапла çырнă: «Корей халăхĕ конституци кунне кăçал ирĕклĕхшĕн пынă отечественнăй вăрçăра çĕнтернĕ ларура иртерет. Вăрçă пынă вăхăтра пирĕн конституци чăн-чăн халăх конституцийĕ пулни тата ытларах паларчĕ». «Минчжу чосон» хаçат: «Эпир ирĕклĕхшĕн пынă отечественнăй вăрçăра çĕнтерни—республикăн халăх демократи стройĕ çĕнтерни» ятлă статья пичетлесе кăларнă. Хаçат Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи ĕççыннисене халăх хуçалăхне юсассишĕн тата ытларах вăй хурса ĕçлеме, тăван çĕршыва мирлĕ майпа пĕрлештерессишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме чĕнет.

### КОРЕЙĂРА ТЫТКĂНРИ ÇАР ÇЫННИСЕНЕ РЕПАТРИАЦИ ТĂВАС ЫЙТУ ПИРКИ

ПЕКИН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернинче çапла каланă: Хĕрлĕ Хĕресĕн пĕрлехи тĕп ушкăнĕ тыткăнри икĕ енĕн çар çыннисене йышăнакан районсенче хăйĕн 33 куна пынă ĕçне вĕçлерĕ. Хĕрлĕ Хĕрес ушкăнĕн ларăвĕнче Хĕрлĕ Хĕресĕн Корейăпа Китай енĕн аслă членĕ Хань Кук Цон тыткăнри çар çыннисене улăштарса илнĕ чухне пулăшу парас тĕлĕшпе туса иртернĕ ĕçсем çинчен каласа панă. Уйрăммăн илсен, вăл иртнĕ тапхăр хушшинче Америка енне çак ĕçсем пирки айăплани çинчен пĕлтернĕ:

ООН-ăн хĕçпăшаллă вăйĕсен лагерĕсенчи хуралĕ 32 хутчен газлă бомбăсемпе усă курнă; тыткăнри çар çыннисене вĕлернисем тата ытти çавăн пек тискер ĕçсем туни 27 хутчен пулнă, тыткăнри çар çыннисем çине, вĕсем хăйсен тăван çĕршывне таврăнма улăштармалли пунктсене пынă чухне çул çинче, американецсем хушнипе Ли Сын Ман салтакĕсем ăнсăртран тапăнасси—12 хутчен; апат-çимĕç çителĕклĕ парса тăманни, апат-çимĕç пама чăрăнни тата тыткăнри çар çыннисене апат памалли нормăна чакарни—26 хутчен; чирлĕ тата аманнă çар çыннисене медицина пулăшăвĕ пама килĕшменни тата тыткăнри çар çыннисен сывлăхне вăйсăрлатас тĕлĕшпе çавнашкал ытти ĕçсем туса иртерни—9 хутчен; тыткăнри çар çыннисене тăван çĕршыва таврăнма вăйпа тытса чарни, уйрăммăн илсен, тыткăнри хĕрарăмсемпе вĕсен ачисене вăйпа тытса чарни—27 хутчен; Корейăпа Китай Хĕрлĕ Хĕрес обществисен представителĕсене тыткăнри çар çыннисемпе тĕл пулма чăрмантарни, кӳрентерни—9 хутчен; Корейăпа Китай енĕн тыткăнри çар çыннисене çаратни, вĕсен япалисене туртса илни—3 хутчен пулнă.

# Американецсем тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвасси çинчен йышăннă килĕшĕве пурнăçламаççĕ

**Тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен комитетăн ларăвĕ**

ПЕКИН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ сентябрĕн 7-мĕшĕнче Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен комитетăн паянхи ларăвĕнче Корейăпа Китай енĕ хăйсен тăван çĕршывне таврăнасшăн пулнă, анчах та Америка енĕ хăй официальнăй йĕркепе темиçе хутчен те тăван çĕршыва таврăнма ыйтакан тыткăнри çар çыннисене пурне те тавăрса паратпăр тесе официально йĕркепе пĕлтернĕ пулсан та, çаплах тытса тăракан 245 çынна тавăрса пама ыйтнă. Тыткăнри 245 çынна кĕртсе тунă списока американецсен аллине Корейăпа Китай енĕн комитетри аслă членĕ полковник Ли Бьон Ир панă. Вăл американецсенчен: Корейăпа Китай енĕн тыткăнри çар çыннисене мĕншĕн киле яма чарса тăратăр, тесе ыйтнă.

Америка представителĕ полковник Фридерсдорф, ответ парассинчен пăрăнас шутпа, комитет ĕçĕнче перерыв тума сĕннĕ.

### ТУРЦИРЕ ÇĔР ЧĔТРЕНĔ

ЛОНДОН, сентябрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Стамбулран çапла пĕлтерет: сентябрĕн 7-мĕшĕнче ирхине Турцин хĕвелтухăç районĕсенче çĕр чĕтренĕ. Çĕр чĕтрени Черкеш тата Стамбулран 200 миля хĕвеланăç енчи Курсунлу районĕнче палăр нă.

Çĕр чĕтрени Анкара хулинче тата унпа кӳршĕллĕ ытти вунпилĕк хуласенче те сисĕннĕ. Çĕр чĕтреме ирхине вырăнти вăхăтпа 6 сехет те 30 минутра пуçланă. Вăл пурĕ 8 секунда пынă.

### ГОЛЛАНДИ ПРАВИТЕЛЬСТВИ КОРЕЙĂНА ÇАРСЕМ ЯРАТЬ

ГААГА, сентябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). «Де ваархейд» хаçат çапла пĕлтерет: Дрейос правительстви Корейăна çаплах çарсем ярать. Сентябрĕн 8-мĕшĕнче Роттердамран Корейăна 160 çын ăсатаççĕ. Вĕсене Голландин Корейăри часĕсен йышне çĕнетме, тесе яраççĕ.

Редактор заместителĕ
М. Н. ЯКИМОВ.

1953 çулхи сентябрĕн 30-мĕшĕнче Мускав хулинче Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн 35-мĕш тĕп вылявĕ тата хушса иртерекен 6-мĕш вылявĕ пулать.

Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн мĕнпур пилĕк разрядĕнче çакăн чухлĕ выигрышсем тухаççĕ:

| Мисе тенкĕ | Тĕп вылявра | Хушса иртерекен вылявра |
|---|---|---|
| 100 пин тенкĕ | — | 5 |
| 25 пин тенкĕ | 25 | 125 |
| 10 пин тенкĕ | 125 | 400 |
| 5 пин тенкĕ | 400 | 4.000 |
| 1 пин тенкĕ | 3.500 | 11.500 |
| 400 тенкĕ | 38.440 | 41.445 |
| Пĕтĕмпе | 42.500 | 57.500 |
| Выигрышсен пĕтĕм сумми—тенкĕпе | 23.251.000 | 56.953.000 |

Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн облигацийĕсене туянăр!

Чăваш АССР перекет кассисемпе государство кредичĕн управленийĕ.

# СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли виççĕмĕш государственнăй заем

Облигацисен хакне тӳлемелли 1-мĕш вылявĕн

## СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи августăн 31-мĕшĕнче Магнитогорск хулинче пулнă.

Вылявра тухнă серисенчи облигацисене 1953 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа облигаци хакне тӳлесе илеççĕ.

Çакăнта кăтартнă серисенчи мĕнпур 50 облигацисене (01-мĕш номертен пуçласа 50-мĕш номера çитиччен) облигаци хакне тӳлесе илмелле тухнă:

| Сери №№ | Сери №№ | Сери №№ | Сери №№ | Сери №№ |
|---|---|---|---|---|
| 040005 | 043654 | 047921 | 051962 | 056601 |
| 040049 | 043659 | 047928 | 052032 | 056621 |
| 040062 | 043673 | 047972 | 052061 | 056627 |
| 040089 | 043704 | 048137 | 052117 | 056636 |
| 040170 | 043724 | 048141 | 052141 | 056640 |
| 040172 | 043735 | 048150 | 052151 | 056689 |
| 040213 | 043774 | 048162 | 052190 | 056698 |
| 040274 | 043803 | 048179 | 052225 | 056719 |
| 040298 | 043831 | 048267 | 052233 | 056742 |
| 040376 | 043944 | 048325 | 052280 | 056837 |
| 040487 | 043998 | 048400 | 052331 | 056839 |
| 040563 | 044088 | 048439 | 052352 | 056860 |
| 040648 | 044106 | 048468 | 052419 | 056889 |
| 040686 | 044142 | 048536 | 052474 | 056918 |
| 040773 | 044144 | 048658 | 052506 | 057016 |
| 040778 | 044194 | 048686 | 052510 | 057036 |
| 040815 | 044251 | 048774 | 052517 | 057129 |
| 040840 | 044272 | 048777 | 052557 | 057134 |
| 040848 | 044297 | 048785 | 052658 | 057146 |
| 040867 | 044357 | 048865 | 052681 | 057153 |
| 040882 | 044376 | 048872 | 052708 | 057167 |
| 040898 | 044391 | 048876 | 052739 | 057195 |
| 040998 | 044441 | 048910 | 052743 | 057197 |
| 041012 | 044470 | 048965 | 052769 | 057210 |
| 041078 | 044510 | 048969 | 052839 | 057230 |
| 041164 | 044564 | 048988 | 052858 | 057252 |
| 041176 | 044741 | 049064 | 052880 | 057329 |
| 041227 | 044773 | 049088 | 052903 | 057386 |
| 041231 | 044804 | 049181 | 052947 | 057417 |
| 041259 | 044833 | 049240 | 052975 | 057429 |
| 041397 | 044843 | 049450 | 052986 | 057463 |
| 041506 | 044933 | 049453 | 053031 | 057553 |
| 041510 | 044937 | 049536 | 053126 | 057584 |
| 041539 | 044988 | 049556 | 053217 | 057751 |
| 041544 | 045020 | 049613 | 053219 | 057762 |
| 041610 | 045181 | 049630 | 053226 | 057785 |
| 041616 | 045301 | 049681 | 053238 | 057808 |
| 041654 | 045355 | 049736 | 053279 | 057837 |
| 041677 | 045425 | 049759 | 053281 | 057910 |
| 041681 | 045451 | 049775 | 053346 | 057914 |
| 041707 | 045517 | 049777 | 053361 | 058036 |
| 041795 | 045537 | 049789 | 053408 | 058083 |
| 041874 | 045544 | 049811 | 053464 | 058100 |
| 041887 | 045573 | 049887 | 053516 | 058163 |
| 041933 | 045627 | 049894 | 053544 | 058188 |
| 041978 | 045634 | 049966 | 053590 | 058197 |
| 042034 | 045689 | 050010 | 053599 | 058251 |
| 042051 | 045692 | 050024 | 053607 | 058291 |
| 042053 | 045760 | 050033 | 053633 | 058307 |
| 042090 | 045764 | 050073 | 053672 | 058326 |
| 042192 | 045908 | 050101 | 053713 | 058357 |
| 042261 | 045922 | 050114 | 053775 | 058435 |
| 042283 | 045933 | 050130 | 053789 | 058518 |
| 042308 | 045989 | 050249 | 053944 | 058541 |
| 042323 | 046009 | 050253 | 053991 | 058555 |
| 042345 | 046027 | 050329 | 054028 | 058586 |
| 042359 | 046114 | 050345 | 054082 | 058596 |
| 042382 | 046139 | 050351 | 054102 | 058597 |
| 042401 | 046180 | 050361 | 054126 | 058599 |
| 042405 | 046286 | 050390 | 054260 | 058649 |
| 042437 | 046331 | 050405 | 054261 | 058689 |
| 042515 | 046398 | 050475 | 054316 | 058704 |
| 042573 | 046404 | 050505 | 054439 | 058710 |
| 042601 | 046406 | 050537 | 054585 | 058717 |
| 042616 | 046424 | 050547 | 054626 | 058762 |
| 042635 | 046435 | 050557 | 054664 | 058812 |
| 042730 | 046594 | 050608 | 054702 | 058814 |
| 042788 | 046602 | 050665 | 054915 | 058841 |
| 042841 | 046626 | 050671 | 054926 | 058849 |
| 042849 | 046716 | 050735 | 054994 | 058872 |
| 042868 | 046721 | 050748 | 055040 | 058927 |
| 042880 | 046768 | 050776 | 055061 | 058958 |
| 042898 | 046784 | 050841 | 055159 | 059047 |
| 042902 | 046796 | 050895 | 055171 | 059079 |
| 043004 | 046803 | 050913 | 055176 | 059092 |
| 043012 | 046810 | 050952 | 055234 | 059105 |
| 043032 | 046840 | 050994 | 055243 | 059140 |
| 043064 | 046854 | 051030 | 055265 | 059183 |
| 043150 | 046880 | 051105 | 055441 | 059187 |
| 043218 | 046941 | 051172 | 055465 | 059214 |
| 043259 | 046958 | 051262 | 055472 | 059231 |
| 043266 | 046975 | 051285 | 055598 | 059288 |
| 043267 | 046980 | 051336 | 055664 | 059319 |
| 043279 | 047013 | 051344 | 055805 | 059321 |
| 043292 | 047032 | 051413 | 055818 | 059443 |
| 043295 | 047066 | 051432 | 056095 | 059446 |
| 043338 | 047067 | 051448 | 056109 | 059454 |
| 043355 | 047117 | 051499 | 056140 | 059532 |
| 043392 | 047189 | 051564 | 056192 | 059554 |
| 043397 | 047350 | 051602 | 056219 | 059653 |
| 043400 | 047360 | 051604 | 056225 | 059708 |
| 043474 | 047469 | 051605 | 056315 | 059709 |
| 043477 | 047503 | 051613 | 056385 | 059779 |
| 043524 | 047630 | 051730 | 056413 | 059808 |
| 043561 | 047674 | 051773 | 056414 | 059817 |
| 043569 | 047704 | 051787 | 056510 | 059836 |
| 043576 | 047719 | 051829 | 056546 | 059840 |
| 043580 | 047776 | 051845 | 056555 | 059863 |
| 043590 | 047796 | 051891 | 056580 | 059866 |
| 043600 | 047807 | 051898 | 056584 | 059933 |

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-87, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-28, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-89, ялхуçалăх пайĕ—3-07, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—4-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01464. Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.